ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул Май 20 Ытларикун № 99 (8751) Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Шкулсенчи экзаменсем

Паян шкулсенче экзаменсем пуçланаççĕ. Пĕр класран тепĕр класа куçмалли, пуçламăш шкултан, сичĕ çул вĕренмелли шкултан тата вăтам шкултан вĕренсе тухмалли экзаменсенче шкулсем вĕренекенсен пĕлĕвĕсене, шкул коллективĕсен пĕтĕм ĕçĕнчи çитĕнÿсемпе çитменлĕхсене, вĕренÿ çулĕн итогĕсене палăртаççĕ.

Коммунизмлă общество тăвас ĕçре совет шкулĕн вырăнĕ пысăк та хисеплĕ. Çамрăксене коммунизмла воспитани парса, наука никĕсĕсен пĕлĕвĕсемпе хĕçпăшаллантарса, совет шкулĕ социализмлă Тăван çĕршывăн тÿрĕ кăмăллă, шанчăклă ывăлĕсемпе хĕрĕсене — коммунизм строителĕсене вĕрентсе ÿстерет.

Большевиксен партийĕпе Совет правительстви шкулсемшĕн, халăха вĕрентес ĕçшĕн тимлĕн тăрăшаççĕ. Халăха вĕрентес ĕç валли государство çулсеренех укçа-тенкĕ нумай уйăрса парать.

**«Пирĕн государство вăл,— тет Сталин юлташ, — ытти пур государствăсенчен ачасене лайăх пăхса çитĕнтерес, çамрăксене лайăх воспитани парас тĕлĕшпе укçа-тенкĕ шеллеменнипе уйрăлса тăрать... Эпĕ пирĕн Совет Союзĕнче ачасемшĕн, вĕсене лайăх пăхса çитĕнтерессишĕн тăрăшни пек урăх ниçта та тăрăшмаççĕ пулĕ тесе шутлатăп».**

Совет шкулĕсенчен кашни çул пинпин çамрăк арçын ачасемпе хĕрачасем вĕренсе тухаççĕ. Хăшĕсем вĕсенчен малалла вĕренме аслă шкулсене каяççĕ, теприсем фабрикăсемпе заводсенче, стройкăсенче, колхозсемпе совхозсенче хăйсене кăмăла каякан ĕç тупаççĕ. Çамрăксене хăйсене килĕшекен професси суйласа илме пирĕн çĕршывра питех те лайăх условисем туса панă.

*Пирĕн республикăри шкулсенче кăçал* 136 пин ача экзамен тытать. Çакă ĕнтĕ экзаменсен политикăллă пысăк пĕлтерĕшĕ çинчен калать.

Паллах ĕнтĕ, республикăри шкулсенчи экзаменсене ăнăçлă ирттерессишĕн чи малтан Чăваш АССР Çутĕç министерствипе районсенчи тата хуласенчи çутĕç пайĕсем ответлă пулса тăраççĕ. Вĕсен çак кунсенче оперативлă, çаврăнăçуллă ĕçлемелле, шкулсен ĕçне конкретлă ертсе пымалла.

Юлашки уйăхсенче пур шкулсенче те хĕрÿ ĕç пычĕ: учительсем те, вĕренекенсем те экзаменсене ирттерме тăрăшса хатĕрленчĕç. Экзаменсем тытмалли предметсем тăрăх кашни шкултах обзорлă тата тематикăллă лекцисем ирттернĕ, консультацисемпе калаçусем пулнă, лабораторилле тата практикăллă ĕçсем тунă.

Куславкка районĕнчи Тĕрлемесри вăтам шкулта, сăмахран, экзаменсене хатĕрленес ĕçре шкул дирекцийĕ, партипе комсомол тата профсоюз организацийĕсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса, çирĕп план тăрăх ĕçленĕ. Опытлă учительсем ку ĕçре çамрăк учительсене пулăшса пынă. Совет общественноçĕ пулăшнипе апрель уйăхĕнче ачасем валли вĕри апат организациленĕ. Экзаменсем вăхăтĕнче кунта 100 ача валли вĕри апат хатĕрлеççĕ.

Улатăр хулинчи саккăрмĕш, Шупашкарти пĕрремĕш вăтам шкулсенче, Пăрачкаври, Куславккари, Шăхасанти вăтам шкулсенче экзаменсене хатĕрленес тĕлĕшпе уйрăмах пысăк ĕçсем тунă.

Пирĕн шкулсенчи вĕрентÿпе воспитани ĕçĕн пахалăхĕ çултан-çул ÿссе пырать. ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн идеологи ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă историллĕ решенийĕсем, И. В. Сталин юлташ чĕлхе вĕрентĕвĕ çинчен çырнă гениллĕ произведенисем, биологи тата физиологи ыйтăвĕсем тăрăх ирттернĕ дискуссисем совет учителĕсене шкулсенчи вĕрентÿ ĕçне лайăхлатма пысăк пулăшу пачĕç.

Сталин юлташ чĕлхе вĕрентĕвĕ çинчен çырнă ĕçсенче кăтартса панисене яланах асра тытса ĕçлекен учительсем вырăс тата тăван чĕлхене вĕрентес ĕçре кăçалхи вĕренÿ çулĕнче палăрăмлă çитĕнÿсем турĕç. Чылай учительсем хăйсен вĕренекенĕсене вырăсла таса та тĕрĕс калаçма тата çырма, чĕлхе культурисене ÿстерме нумай пулăшрĕç. Вĕсен пархатарлă ĕçĕн результачĕ кăçалхи экзаменсен итогĕсенче те лайăх палăрĕ. Вырăс чĕлхине вĕрентессине çĕнĕлле йĕркелес ĕç чылай шкулсенче халĕ те тивĕçлипе пулса çитмен-ха. Çавăнпа та экзаменсенче шкул ачисем вырăс чĕлхине мĕн тери çирĕп те тарăн пĕлнине тĕплĕн палăртса хаклас пулать. Тĕрĕслÿ шкулсенче ку тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсене туллин палăртма, чĕлхене вĕрентес ĕçри çитменлĕхсене çитес вĕренÿ çулĕнче татăклăнах пĕтерсе пыма май парĕ.

Математика, истори, СССР Конституцийĕ тата биологи предмечĕсем тăрăх та вĕренекенсем экзамен тытаççĕ. Асăннă предметсем тăрăх ачасен пĕлĕвне объективлă, пур енчен те тимлĕ тĕрĕслени — совет шкулĕн малашнехи ĕçĕнче çĕнĕ çитĕнÿсем тумалли паха май пулса тăрать.

Экзаменсем вĕренекенсен пĕлĕвĕсене çеç мар, учительсен, пĕтĕм шкул коллективĕн ĕçне те тĕрĕслесе хаклаççĕ. Çак хисеплĕ ĕçе сиччĕмĕшпе вуннăмĕш классенче—экзамен ирттерекен комиссисем, ытти классенче — ассистентсем пурнăçлаççĕ. Вĕсен шкулсенче тĕп дисциплинăсем тăрăх вĕрентÿ ĕçĕ мĕнле пынине объективлă тĕрĕслесе хакламалла. Паллах ĕнтĕ, çак ответлă ĕçе тĕрĕс пурнăçласси экзаменсем ирттерекенсен активлăхĕнчен килет. Юлашки çулсенчи практика çакна кăтартса парать: экзамен ирттерекен комисси членĕсем, уйрăмах ассистентсем вĕренекенсен пĕлĕвĕсене тĕрĕслес ĕçре чылай чухне активлăх кăтартмаççĕ, вĕсем хăйсене хăна пек кăна тыткалаççĕ.

Вĕренекенсенчен экзаменсенче тĕплĕн ыйтмалла. Вĕсен пĕлĕвĕсене тĕрĕс хакламалла. Ку вăл—шкул пурнăçĕнчи яланхи çирĕп закон. Анчах, çав вăхăтрах, кашни вĕренекен çине уйрăмах тимлĕн, кăмăллăн пăхни кирлĕ. Чăкăлташлани, вырăнсăр тиркешни, вĕренекенсен кăмăлне хуçма пултаракан йĕркесем тупи пачах та пулмалла мар. Экзаминаторсен хăйсен ĕçĕнче экзаменсем ирттермелли положенипе инструкцине çирĕп пăхăнса тăмалла.

Иртнĕ çул экзаменсем вăхăтĕнче хăшпĕр шкул руководителĕсемпе учительсем хăйсен начар ĕçне вĕренекенсен пĕлĕвне ÿстерсе хакланипе витме шутланисем пулнă. Çакнашкал киревсĕр ĕçсем кăçалхи экзаменсенче ан пулччăр.

Экзаменсен ăнăçлăхĕ чи малтан ку ĕçе тĕрĕс, пĕлсе организациленинчен килет. Иртнĕ çулсенче экзаменсем вăхăтĕнче ытлашши шăв-шав пулнă. Çакă вăл, паллах ĕнтĕ, вĕренекенсене хăйсен пĕлĕвне ирĕклĕн, туллин кăтартса пама, çыру ĕçĕсене тунă чухне пикенсе ĕçлеме кансĕрленĕ. Экзаменсем ĕçлĕхлĕ, лăпкă, йĕркеллĕ иртмелле. Экзаменсем вăхăтĕнче шкулсенчи йĕрке экзамен тытакансене—хăйсен пĕлĕвне лайăх кăтартса пама, экзамен ыйтакансене — вĕренекенсен пĕлĕвĕн анлăхĕпе тарăнлăхне тĕплĕн палăртма пулăшмалла.

Экзаменсем вăхăтĕнче вĕренекенсем валли шкулта та, килте те тивĕçлĕ условисем туса парас пулать. Вĕренекенсене ĕçпе канăва пĕлсе йĕркелеме пулăшасси—ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе учительсен тивĕçĕ. Шкулсем çумĕнчи интернатсенче вĕренекенсем валли ĕçлеме те, канма та мĕн кирлине пĕтĕмпех туса памалла.

Ним иккĕленмелли те çук: кăçалхи экзаменсем пирĕн совет учителĕсен ăсталăхĕ тата çÿлĕрех пусăма хăпарнине, вĕренекенсен пĕлĕвĕсем çултан-çул ÿссе пынине кăтартса парĕç.

## Сталин юлташ патне янă çырури обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн

# Çуракине лайăх ирттерес, вăйлă тырпул çитĕнтерес тĕлĕшпе пысăк тимлĕхпе ĕçлер!

* * *

### Обязательствăна чыслăн пурнăçлаççĕ

СОВЕТСКИ. В. Семенов юлташ ертсе пыракан трактор бригади Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçласа пырать. Бригада çуракинче кашни «ДТ-54» тракторпа 465 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тума пулнă. Трактористсем пурте ăмăртса ĕçлеççĕ. Сăмахран, П. Ананьев тракторист В. Маслов трактористпа ăмăртать. Вĕсем сменăри нормăран ирттерсе 2—2,5-шер гектар сухалаççĕ, горючи перекетлеме тăрăшаççĕ.

Бригадăри çамрăк трактористсем пысăк çитĕнÿ турĕç. Пĕрремĕш çул ĕçлекен Прокопьев, Маслов тата Казаков юлташсем, 15 çул ĕçлекен Терентьев трактористран пример илсе, акмалли нормăна ирттерсе тултарса пычĕç.

Бригада суракн планне 130 процент тултарнă. Халĕ трактористсем ирхи сĕртме тăваççĕ.

**В. РУССНОВ.**

### Выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлемелле

ЧУРАЧĂК. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ăнăçлă тултарма паха выльăх апачĕ çителĕклĕ кирлĕ. Колхозсен тымарçимĕçсем, силос хывмалли культурăсем тата пĕр çул ÿсекен курăксем акмалли плана пĕтĕмĕшпех тултарма тăрăшмалла.

Малта пыракан колхозсем çавăн пек тăваççĕ те ĕнтĕ. Сталин ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан, «Герой», «Гигант», «Красный самолет», «Авангард» колхозсем выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе кашни çулах аван ĕçлеççĕ. Вĕсем тĕштырăсем акса пĕтернипе пĕрлех, кăçал пĕр çул ÿсекен курăксем, тымарçимĕçсем тата силос тумалли культурăсем акмалли плана ытлашшипех тултарчĕç.

Анчах та районти чылай колхозсенче выльăх апачĕ тумалли культурăсем акас ĕç çине сÿрĕккĕн пăхаççĕ, тымарçимĕç, силос тумалли культурăсем акмалли лайăх вăхăта ирттерсе яраççĕ. «Родина», «Большевик», «Динамо», «Самолет» колхозсем пĕр çул ÿсекен курăксем тата выльăхсене çитермелли тымарçимĕçсем акма халĕ те тытăнман.

Çавăн пекех чылай колхозсем, сăмахран, «Красное Сормово», «Мотор», «Совет», «Победа», «Красный путиловец» ялхуçалăх артелĕсем ку таранччен те силос тумалли культурăсем акма тытăнман.

Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçре бригадăсем тунн пысăк вырăн йышăнать. Чылай колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсен ĕçне кирлĕ пек йĕркелемен. Ворошилов ячĕпе тăракан артельре бригада хут çинче кăна шутланать, ĕçлеме тытăнман. Колхоз председателĕ Н. Федоров юлташ бригада ĕçне йĕркелеме, выльăх апачĕ тумалли культурăсем акмалли плана вăхăтра тултарма тăрăшмасть. Колхоз пĕр çул ÿсекен курăксем акма тытăнман, тымарçимĕç те 4 гектар кăна акнă. Хĕвелçаврăнăш вăрлăхĕ çителĕклĕ, анчах ăна акма васкамаççĕ.

Районти ялхуçалăх пайĕн агрономĕсем колхозсенче сахал пулаççĕ, тĕрлĕрен сводкăсем пуçтарса аппаратра вăхăта ирттереççĕ.

Ялхуçалăх пайĕпе МТС дирекцийĕн выльăх апачĕ тума каякан культурăсем акмалли плана тултарассишĕн тимлĕрех кĕрешмелле.

**С. КУЗЬМИН.**

### Ăнăçлă акаççĕ

КОМСОМОЛЬСКИ. Ульянов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çуракине хăвăрт тата лайăх ирттерессишĕн ырми-канми ĕçлеççĕ. Вĕсем тĕштырăсене çичĕ кунта акса пĕтерчĕç. Тырпула пĕтĕмпех сеялкăсемпе, тракторпа акрĕç.

Çуракинче уйрăмах Н. Кольцов юлташ ертсе пыракан бригадăри Д. Горбуновпа Я. Яндров трактористсем паха тĕслĕхсем кăтартрĕç.

Çак кунсенче колхоз нумай çул ÿсекен курăксене те акса пĕтерчĕ. Клевер 35 гектар, люцерна 25 гектар тата клеверпа тимофеевкăна хутăштарса 52 гектар акнă. Клеверпа люцерна вăррисене нитрагинпа хутăштарнă.

Халĕ колхозниксем техникăллă культурăсем акма тытăнчĕç.

**Г. ТИТОВ.**

### Хăватлă техникăпа çителĕксĕр усă кураççĕ

Хрущев ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Б. Алексеев юлташ хиртен пăшăрханса таврăнчĕ.

— Пирĕн шутпа тĕштырăсене ку таранччен акса пĕтермеллеччĕ, анчах ун пек пулмарĕ,— терĕ вăл.

Çак сăмах çинех правленине Етĕрне МТС-ĕн ку колхозра ĕçлекен 10-мĕш трактор бригадин учетчикĕ Г. Сергеев юлташ çитсе кĕчĕ.

— Сирĕн леш «ДТ-54» трактор каллех ларать вĕт-ха,— терĕ ăна председатель.

— Ларать çав, бригадир МТС-а карĕха, анчах те тупса килет ĕнтĕ трактор валли кирлĕ детале,— ответлерĕ учетчик.

Çакăн пек калаçнине ытти колхозсенче те илтме пулать.

Етĕрне МТС-ĕ Хрущев ячĕпе тăракан колхозпа çуракинче 100 гектар суха тума, 200 гектар тырă акма договор тунă. Ытти ĕçсене колхоз лашасемпе тăвать. Çапла майпа çурхи тĕштырăсене çичĕ куитан кая юлмасăр акса пĕтерме палăртнă.

Колхоз майăн 1-мĕшĕнче акана тухнă. Апла пулин те ир акмалли тĕштырăсене халĕ те чылай акса çитермен.

Бригадăра икĕ трактор. Вĕсем йĕркеллĕ ĕçлесен, МТС колхозпа тунă договора ăнăçлă пурнăçлама, тырпулсене агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх вăхăтра акса пĕтерме кирлĕ майсем йăлтах пур. Анчах ун пек пулса пымасть, мĕншĕн тесен тракторсем, тĕрлĕрен кăлтăксене пула, ĕçлес вырăнне ахаль ытларах лараççĕ. «ДТ-54» трактор икĕ кун сухаласанах çĕмĕрĕлчĕ, вара тăватă кун хушши, майăн 6-мĕшĕччен ахаль ларчĕ. Тепĕр тăватă кунтан, майăн 11-мĕшĕнче, çак трактор каллех пăсăлса ларчĕ.

Учетчик Г. Сергеев кăтартса панă тăрăх, «ДТ-54» тракторпа 10 кун хушшинче 70 гектар сухалас вырăнне, пурĕ те 37 гектар кăна сухаланă, урăх нимĕнле ĕç те туман. Çитменнине ку трактор валли МТС дирекцийĕ пĕр тракторист кăна уйăрса панă, трактор юсавлă чухне те пĕр сменăпа кăна ĕçлеççĕ. Тепĕр тракторĕ те пĕр кун çурă ахаль ларчĕ.

Ильич ячĕпе тăракан колхозра 9-мĕш бригада ĕçлет. Ку бригадăра 4 трактор, 3 сеялка, культиваторсемпе лущильниксем тата ытти техника та пур.

— Мĕн калăн,— тет колхоз председателĕ В. Александров юлташ.— Вăл техникăпа лайăх усă курнă пулсан, тĕштырăсене халиччен акса пĕтереттĕмĕр.

— Тĕрĕс пулмасăр, халĕ хĕрсех сĕртме тумаллаччĕ,— теççĕ бригадирсем.

Кунта та тракторсем, юсавсăр пирки, нумай чухне ахаль лараççĕ. Акă, 7-мĕш номерлĕ «НАТИ» трактор майăн 1-мĕшĕпе 11-мĕшĕ хушшинче виçĕ-тăватă хутчен çĕмĕрĕлнĕ. 10-мĕш номерлĕ трактор та, пĕр эрне ахаль ларчĕ. «НАТИ» тракторпа ĕçлекенсем вунă кунхи нормăна 70 процент кăна тултарнă.

Мĕншĕн ун пек? Ку ыйту çине ответличчен трактористсем пĕр-пĕрне пăхса илчĕç.

— Тракторсене юсас тĕлĕшпе пирĕн МТС республикăра кайра пыратчĕ. Уйччен те пулмарĕ иккĕмĕш вырăна сиксе тухрĕ. Халĕ вара пахалăхĕ куç умĕнчех. Тĕрĕссипе эпир халĕ тырă акмастпăр, вăхăта тракторсем юсаса ирттеретпĕр,— терĕ трактористсенчен пĕри.

— Тракторсене узловой меслетпе юсарăмăр. Ун пек чăн та хăвăрт ĕçлеме пулать. Анчах çак çĕнĕ ĕçре МТС дирекцийĕ мĕн кирлине туса çитермерĕ, техника тĕлĕшĕнчен тĕрĕслÿ сахал пулчĕ. Кам мĕнле ĕçленине, хăш трактора мĕнле юсанине тĕрĕслесе пымарĕç,—ÿпкелешет Н. Фадеев бригадир.

Çак сăмахсем тĕрĕс.

Ильич ячĕпе тăракан колхозра çĕнĕ «ДТ-54» трактор ĕçлет. Çав трактăрăн хăйĕн плугĕ çук, ытти тракторсем ахаль ларнă хушăра кăна сухалама тивет.

ВКП(б) обкомĕ çуракинче МТС-сен трактор паркĕпе çителĕксĕр усă курни çинчен кăтартса панинчен Етĕрне машина-трактор станцийĕн руководителĕсем кирлĕ выводсем туман. Вăл постановлени çинчен малта асăннă колхозсенчи трактористсем халĕ те пĕлмеççĕ.

(Хамăр корр.).

Етĕрне районĕ.

### *Суртри акса пĕтерчĕç*

КАЛИНИНО. Хрущев ячĕпе, Карл Маркс ячĕпе, Каганович ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан тата ытти чылай колхозсем тĕштырăсемпе пăрса йышши культурăсене кĕске вăхăтра, лайăх акса хăварчĕç. Суртрине пысăк лаптăксем çинче хĕреслĕ майпа акса хăварнă.

Малта пыракан колхозсенче выльăх апачĕ тумалли культурăсем акас ĕçе те ăнăçлă туса ирттерчĕç. Çавăн пекех пахча çимĕçпе махорка та акса пĕтернĕ.

**И. ПРОКОПЬЕВ.**

## Пионер организацийĕ 30 çул тултарнине Шупашкарта паллă туни

Майăн 19-мĕшĕнче В. И. Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕ 30 çул тултарчĕ. Çак чаплă уява Шупашкар хулинчи пионерсемпе шкул ачисем савăнăçлăн паллă турĕç.

Иртнĕ вырсарникун хулари ачасен паркне пионерсемпе вĕренекенсем нумай пуçтарăнчĕç. Вĕсем халăхсен аслă çулпуçĕсен В. И. Ленинпа И. В. Сталин портречĕсене йăтса пыраççĕ. Ачасен аллисенче партипе правительствăна, аслă Сталина чĕререн тав туса çырнă плакатсем, чечексем.

Пĕтĕм таврара пионерсен хаваслă юрри янăрать.

11 сехет. Сталин юлташ монуменчĕ умĕнче ачасен митингĕ уçăлать. Митинга пынисене ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ Серякова юлташ саламлать, вĕренÿре, ĕçре ăнăçлăхсем тума сунать.

Паркри митинг вĕçленет, пионерсен парачĕ пуçланать. Колоннăсем Шупашкарти Ленинградски урампа хăпарса Советсен çуртĕ тĕлне çитеççĕ, Карл Маркс урамĕпе анса Хĕрлĕ площаде тухаççĕ. Кунтан хулари шкулсенчи чи лайăх отличниксем 600 çын пионерсен слетне каяççĕ.

Чăваш государство академи театрĕ. Залра В. И. Ленинпа И. В. Сталин портречĕсем. Вĕсене чечексемпе илемлетнĕ. Слета ВЛКСМ хула комитечĕн секретарĕ Серякова юлташ уçать. Залра Совет Союзĕн гимнĕ хăватлăн янăрать. Пурте ура çине тăраççĕ.

Слет участникĕсем, нумайччен тăвăллăн алă çупса, хисеплĕ президиума аслă Сталина тата вăл ертсе пыракан ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн Политбюро составне суйлаççĕ.

В. И. Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕн ĕçĕсем çинчен ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ Федорова юлташ доклад туса пачĕ.

Чылай пионерсем хăйсем мĕнле вĕренни, пионерсен дружинисенче мĕнле ĕçлени çинчен тата хăйсен ĕмĕчĕсем çинчен каласа пачĕç. Юлашкинчен Чăваш АССР Çутĕç министрĕ Токарев юлташ сăмах каларĕ.

Слет участникĕсем, нумайччен тăвăллăн алă çупса, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен çулпуçĕ, ачасен чи сывăх тусĕ И. В. Сталин юлташ патне саламлă çыру яма йышăнчĕç.

## Совет Союзĕ тăрăх

### Шурă тинĕс—Балтика каналĕ çинче

МЕДВЕЖЕГОРСК. Сталин ячĕпе тăракан Шурă тинĕс—Балтика каналĕн Повенец çывăхĕнчи шлюзне шыв тултарма пуçланă. Çывăх кунсенчех «Рабочая надежда» пăрахут канал тăрăх пĕрремĕш рейс тăвать.

Повенец техника участокĕнче ĕçлекенсем навигацине пур енчен те лайăх хатĕрленсе кĕтсе илеççĕ. Гидротехника сооруженийĕсене, шлюзсенчи механизмсене тата флота пĕтĕмпех юсанă.

Социализмлă ăмăртăва хутшăнса, канал çинче ĕçлекенсем кашни суднăна шлюзсем витĕр кăлармалли вăхăта вăтам шутпа 10 процент чухлĕ чакарма, çапла вара навигацире канал тăрăх нумайрах суднăсем çÿретме пулнă. (ТАСС).

Ставрополь крайĕ. Çĕре шăвармалли Кубань—Егорлык системин иккĕмĕш черетне тăваççĕ. Çак строительствăна туса пĕтерсен Кубань шывĕпе Ставрополь крайĕнчи типĕ çĕрсем çинче тырпула шăварса ÿстерме тытăнаççĕ.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: каналăн шыв юхтарса ямалли пайĕ.
Г. АРАКЕЛЬЯН фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### „Слава" флотили таврăннă

ОДЕССА, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Китсем тытса çÿрекен «Слава» флотили йĕнер каçхине Одесса портне çитнĕ. Антарктикăра çичĕ уйăх ытла ишсе çÿренĕ хыççăн вăл Тăван çĕршыва ăнăçлă таврăннă.

Мухтавлă флотили çыннисене партин Одесса хула комитечĕн секретарĕ Чернявский тата СССР пулă промышленность министрĕн заместителĕ Гайдуков юлташсем саламланă. «Слава» флотилия капитан-директорĕ Социализмлă Ĕç Геройĕ Соляник ответлă сăмах каланă.

«Слава» флотили çак улттăмĕш рейсра апат-çимĕç валли тата медицинăпа техникăра усă курмалли çу малтанхи рейсрисенчен чылай ытларах, планпа палăртниччен тата социализмлă обязательствăра йышăнниччен чылай нумайрах хатĕрленĕ.

### Атăл-Дон каналĕ çинче навигаци пуçланас умĕн

ЦИМЛЯНСКИ ПОРТ, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Цимлянски тинĕсĕн шывĕ порт патне çитнĕ. Якорь ярса ларнă пысăк баржа хумсем çинче чÿхенет. Çыран çывăхĕнче буксирнăй катерсем иртеççĕ. Ку вăл порт тăвас тĕлĕшпе ĕçлекенсен флочĕ. Часах кунта Атăл—Дон пароходстви малтанхи судинсем кĕмелле.

Строительсем аслă шыв çулĕ çинчи пĕрремĕш навигаци пуçланнă тĕле пурне те туса çитерме тăрăшаççĕ. Пăрахутсем чарăнса тăмалли вырăнта юлашки ĕçсене тăваççĕ. Грузсем тиесе пушатмалли вырăнта хăватлă портальнăй крансем вырнаçтараççĕ.

Порт умĕнче те тĕп ĕçсене туса пĕтернĕ. Гидромеханизаторсем виçĕ пысăк дамба тунă, çав дамбăсене тунă хыççăн лайăх бухта пулса тăнă. Портпа шлюза тинĕс çинчи тăвăлтан хÿтĕлеме шанчăклă хÿтĕ пур.

Пĕр дамба çинче пысăк маяк лартаççĕ. Ун патне электричество кабелĕ илсе пыраççĕ. Электробаза территорийĕнче монтажниксем портальнăй кран лартаççĕ. Çав кранпа суднăсенчи йывăçа чугун çул çинчи платформăсем çине тиемелле пулать. Цимлянски портне çывăхри чугун çул станципе пĕрлештерме тăпра купаласа пысăк дамба туса пĕтернĕ.

### Çĕршыври уй-хирсенче

ЯВАН (Таджик ССР-ĕ). Яван районĕнчи колхозсем тĕштырăсене пухса кĕртме тытăннă. Тырă вырнă вăхăтрах авăн çапаççĕ.

Майăн 16-мĕшĕнче Шверник ячĕпе тата Каганович ячĕпе тăракан колхозсем хатĕрлев пунктне кăçал пухса кĕртнĕ вуншар центнер урпа пырса панă.

ЯРОСЛАВЛЬ. Облаçри колхозсем нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана тултарнă. Нумай районсенчи ялхуçалăх артелĕсем çуркунне клевер тата тимофеевка акса хăвармалли плана ирттерсе пурнăçланă.

ДАРАУТ-КУРГАН (Ош облаçĕ). Çÿлĕ сăрт çинчи Алай айлăмĕнче тĕштырăсемпе нумай çул ÿсекен курăксем акма тытăннă. Кунта кăçал выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсене пулăшакан машина станцийĕ хăйĕн тракторĕсемпе ĕçлеме пуçланă. Механизаторсем çĕнĕ çĕрсене акмалла тума колхозсене пулăшаççĕ.

ЕРЕВАН. Армени çĕр мамăкĕ акса тăвакансем çанталăк лайăх тăнипе усă курса, хлопчатник акнă кашни уя тĕрĕслесе пăхаççĕ, сайрарах вырăнсене çĕнĕрен хлопчатник лартаççĕ. Республикăри пур колхозсенче те шăтса тухнă хлопчатника лайăх пăхса ÿстерме тăрăшаççĕ. Рет хушшисене культиваторсемпе çемçетеççĕ. Хлопчатник пăхса ÿстерес ĕçе пĕтĕрхинчен 25 процент ытларах механизмсемпе тăваççĕ.

АСТРАХАНЬ. Облаçри колхозсем майăн 15-мĕшĕнче—иртнĕ çулхинчен икĕ эрне малтан хлопчатник акса пĕтернĕ. Хлопчатника пĕтĕмпех шăвармалли вырăнсене акнă. Хлопчатник акнă уйсене шăварма тытăннă. Пур çĕрте те калча пĕр тикĕс шăтса тухнă. (ТАСС).

*ПАРТИ ПУРНĂÇĔ*

# Ялти парторганизацисенче итоглă занятисене йĕркеллĕ тата идея тĕлĕшĕнчен çӳлти шайра ирттерĕр!

* * *

## Вĕренӳре тата ĕçре

Çак кунсенче эпир пропагандист И. Вязов юлташ ертсе пыракан политкружокăн икĕ занятийĕнче пултăмăр. Вĕренекенсем кашнинчех вăхăтра, йĕркеллĕ пухăнчĕç. Вĕсем занятисенче теориллĕ ыйтусене тĕплĕ сӳтсе яваççĕ, активлă тухса калаççĕ. Вĕренекенсем материала лайăх ăнланни курăнать.

Пропагандист кашни вĕренекенĕн пултарулăхне, шухăш-кăмăлне пĕлме тăрăшать, вĕренӳре хăйĕн вăйне ытларах шанма, ĕнеме хăнăхтарать. Кунта пĕрлех вăл каласусене ăнланмалла ирттерет, хăшпĕр сăмахсене уйрăмăн ăнлантарса парать. Пропагандист теориллĕ выводсемпе историллĕ фактсене хальхи лару-тăрупа, вырăнти материалсемпе, паянхи задачăсемпе çыхăнтарса каласа пама тăрăшать. Вязов пропагандист, учебниксĕр пуçне, ытти материалсемпе, илемлĕ литературăпа, хаçат-журналсемпе усă курать, вĕренекенсене те çапла тума хăнăхтарать.

«ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренмелли кружокра коммунистсемпе комсомолецсем, партире тăман активистсем—колхоз бригадирĕсем, ферма заведующийĕсем, рядовой колхозниксем—пурĕ 17 çын вĕренеççĕ.

Кружока пĕлтĕр йĕркеленĕ. Хальĕ унта иккĕмĕш çулхи программăн юлашки темисене вĕренеççĕ, итоглă занятисем ирттерме хатĕрленеççĕ. Парторганизаципе пропагандист, коммунистсемпе колхоз кадрĕсем большевизм теорийĕпе историне вĕреннине тарăнăн çирĕплетсе хăварас шутпа, халиччен вĕреннĕ материала тĕплĕнрех пăхса тухас задача лартнă.

Коммунистсем идея тĕлĕшĕнчен ӳсни парторганизаци пурнăçĕнче палăрать. Халĕ вĕсем пухусенче активлă тухса калаççĕ, ĕçлĕ сĕнӳсем нумай параççĕ, фактсене пĕтĕçтерсе выводсем тума пĕлеççĕ, критикăпа самокритикăна сарса пыраççĕ.

Кружокра вĕренекен коммунистсемпе партире тăман активистсен колхоз производствинчи активлăхĕ те нумай ӳсрĕ. Вĕсенчен чылайăшне ответлă вырăнсене лартнă. Е. Андреев юлташ малтан рядовой колхозник пулнă, халĕ уй-хир бригадине ертсе пырать. Андреев юлташа кандидатран ВКП(б) членне илнĕ. А. Григорьева юлташа ăне фермине ертсе пыма шанса панă. Çак хастарлă колхозница фермăна тухăçлăрах та тупăшлăрах ĕçлекен тăвассишĕн мĕн вăй çитнĕ таран тăрăшать, хăйĕн пĕлĕвне ӳстерсе пырать. Вăл кружокра вĕреннипе çырлаймасть. Виçĕ çуллăх зоотехника курсĕнче те аван вĕренет. Малтан уй-хир бригадин бригадирĕ пулнă коммунист М. Данилов юлташ халĕ трактор бригадин бригадирĕ пулса ĕçлет. В. Данилов юлташ—колхоз счетоводĕ, унччен счетовод пулнă Н. Филиппов юлташ—пысăклатнă колхоз председателĕн заместителĕ, П. Новиков юлташ—колхоз кладовщикĕ тата колхоз правленийĕн членĕ. Вĕсем хăйсене шанса панă ĕçсене коммунистсене тивĕçлĕ ответлăхпа туса пыраççĕ.

Колхозра политикăллă агитаци ĕçне вăхăтран вăхăта мар, тăтăшах тата витĕмлĕ туса пыраççĕ. Çакă вăл каллех коммунистсемпе партире тăман активистсен идейăллă шайĕ ӳсниччен килет. Кружокра вĕренекенсем—пурте агитаторсем, стена хаçачĕпе боевой листоксен редакторĕсем. Вĕсемпе парторганизаци секретарĕ семинарсем йĕркеллĕ ирттерет. Кунсăр пуçне вĕсене кружокăн кашни занятийĕ хыççăнах хальхи лару-тăрупа, умра тăракан задачăсемпе паллаштараççĕ, хуçалăхлă ĕçсене пурнăçлама мобилизацилеççĕ.

Коммунистсемпе партире тăман активистсен теориллĕ пĕлĕвне ӳстерсе пырассишĕн парторганизаци куллен тăрăшать, лайăх ĕçлемелли майсем туса парать. Кружок ĕçĕ çинчен, уйрăм коммунистсем мĕнле вĕренни çинчен парторганизаци пухăвĕнче сӳтсе яваççĕ, ĕçе аванлатмалли майсене палăртаççĕ.

Энгельс ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çулта кашни гектартан вăтам шутпа 14-шар центнер, уйрăм бригадăсем унтан ытларах тырпул пухса илнĕ. Колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 2,4-шар килограмм тĕштырă валеçсе панă. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе вăй латнă, виçĕ çуллăх плана ăнăçлă тултарнă, стандартлă витесем тунă, [illegible]сене юсанă. Колхоз кăçалхи [illegible] хатĕрлемелли плана районта пуринчен малтан тултарнă, ВКП(б) райкомĕпе райсовет исполкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне илнĕ.

Кăçал колхоз тата та пысăк обязательствăсем илчĕ: кашни гектартан 110 пăтран кая мар тырпул пухса илмелле, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне икĕ хут ӳстермелле. Кунпа пĕрлех Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем, коммунистсемпе партире тăман активистсем пуçарнипе, колхозри строительство планне Октябрьти Социализмлă Аслă революци 35 çул тултарнă тĕле пурнăçлама пулнă, районти мĕнпур работниксене ăмăртăва чĕннĕ.

Энгельс ячĕпе тăракан колхоз «Красное Сормово», «Свобода» тата Сталин ячĕпе тăракан колхозсемпе ăмăртса ĕçлет. Çавна май Чуманкасси ял Совечĕ çак колхозсем кĕрекен Оринино тата Кашмаш ял Совечĕсемпе социализмлă ăмăртăва тухрĕ.

Халĕ Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем хăйсен обязательствине пурнăçлассишĕн пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ.

Парторганизаци колхозниксен ĕçри хастарлăхне куллен ӳстерсе пырать, вĕсене умри ответлă задачăсене пурнăçлама, артель хуçалăхне малалла вăйлатса пыма мобилизацилет. Çакă вăл коммунистсемпе партире тăман активистсен идейăллă пĕлĕвĕ ӳсниччен, çавна май парторганизацин кĕрешӳри пултарулăхĕпе масса хушшинчи влиянийĕ пысăк пулниччен килет.

**Н. ПУШКИН.**

(«Коммунизм ялавĕ» корр.).
Муркаш районĕ.

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводăн механически цехĕнче ĕçлекен А. П. Пудова юлташ кулленхи ĕç нормине 200 процент ытла тултарса пырать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: А. П. Пудова юлташ ĕçре.

С. ВИКТОРИНОВ фотоукерчĕкĕ.

### Аслă стройкăран килнĕ телеграмма

Нумаях пулмасть Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод директорĕ, Якунин юлташ аслă стройкăран телеграмма илнĕ.

— Атăлпа Дон хушшинчи канала тăвакансем сире тата завод коллективне коммунизмăн аслă стройкин заказне срокчен пурнăçланăшăн тав тăваççĕ. Сооруженисене палăртнă срокра ĕçе яма малашне те пулăшасса шанатпăр,—тенĕ телеграммăра.

(«Сталинец» хаçат).

### Çамрăк рабочисен шкулĕнче

Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ ялав орденлĕ завод çумĕнчи çамрăк рабочисен касхи шкулĕнче вĕренекен чылай çамрăксем Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче фронтсенче пулса тăшмана хирĕç çапăçнă. Халĕ вĕсем Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ, çав вăхăтрах вĕренеççĕ.

Х-мĕш класра вĕренекен Б. Салмин юлташа илĕпĕр. Вăл Ĕçлĕх Хĕрлĕ ялав орденлĕ заводăн сборочнăй цехĕнче слесарь-сборщик пулса ĕçлет. Çартан таврăннă хыççăн Б. Салмин заводра ĕçлеме пуçланă. Паллă стахановец ĕç нормине 140—150-шер процент тултарса пырать. Вăл вĕренӳре те отличник, ĕçри пекех пысăк çитĕнӳсем тăвать, çуркунехи экзаменсене «4» тата «5» паллăсемпе çеç кĕтсе илет.

Салмин юлташ пек ĕçре те, вĕренӳре те малта пыракан çамрăксем сахал мар. Шкулта Ĕçлĕх Хĕрлĕ ялав орденлĕ заводăн механически цехĕнче ĕçлекен Александр Картышов 1950—1951 вĕренӳ çулĕнче 8-мĕш класра вĕреннĕ. Вăл 9-мĕш класа отлично паллăсемпе куçнă. Кăçал та шкулта чи лайăх вĕренекенсенчен пĕри, яланах «5» паллă çеç илет. Заводра ĕçлекен Липатов, Барабанов, Благочинов юлташсем ĕçре — стахановецсем, шкулта—отличниксем.

Касхи шкулта вĕренекен рабочисем хушшинче токарь, слесарь, столяр, маляр, каменщик тата ытти нумай тĕрлĕ профессипе ĕçлекен çамрăксене курма пулать. Пурте вĕсем пĕр ĕмĕтпе—хăйсен пĕлĕвне ӳстерес тĕллевпе пурăнаççĕ, ĕçлеççĕ, вĕренеççĕ.

**П. СТЕПАНОВ.**

*Стахановецсен трибуни*

### Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли майсем

14 çул ĕçлетĕп Куславкари [illegible] заводра. Çак вăхăтра хресчен ачинчен квалификациллĕ рабочи пулса тăтăм.

...Пуртăпа сава тытма çамрăклах пĕлнĕ. Завода кĕрсен малтанах çуртсем тума çĕре ячĕç. Строительство ĕçĕсенче 5-мĕш разрядлă столяр таран ӳсрĕм, инженерсемпе техниксем манăн ĕçченлĕхпе [illegible] ларĕç. Часах мана заводри тĕп цехсенчен пĕрне—столярнăй цеха куçарчĕç. Астăватăп: Тăван çĕршывăн чи йывăр кунсемчĕ уй чухне. Гитлерла вăрă-хурахсем пирĕн столица—Мускав çине тапăнса пыратчĕç. Вăрçă сывлăшĕпе сывлатчĕ, çĕнтерӳшĕн ĕçлетчĕ мĕнпур коллектив.

Вăрçă хыççăн пирĕн завод мирлĕ продукци—шахтерсем валли пурăнмалли çуртсем тума тытăнчĕ. Манăн ĕç—чӳрече рами ăшне форточка рамкисене тикĕс вырнаçтарса лартасси. Норма тăрăх сменăра 47 рамка вырнаçтармалла. Эпĕ 147 рамка таран вырнаçтаратăп, нормăна виçĕ хут ирттерсе тултаратăп.

Тухăçлă ĕçĕн тупсăмĕ мĕнре-ха? Пĕрремĕшĕ—ĕç вырăнĕпе инструментсене малтанах хатĕрлесе хуни. Эпĕ верстака, савасемпе ийĕсене ыран валли паянах хатĕрлесе хуратăп, рамăсем сменăра ĕçлемелĕх пуррине пăхатăп. Иккĕмĕшĕ—вăхăтпа туллин усă курни. Ĕçре манăн рамăсем илме çӳресе, инструментсем шыраса е хăйраса вăхăт иртмест. Инструментсене тыткаланă çĕрте те вăхăта перекетлеме тăрăшатăп. Хăшпĕр рабочисем рамăсене икĕ хатĕрпе—савапа тата зензубельпе якатаççĕ. Эпĕ, пĕр савапах тикĕс якатма вĕренсе çитнĕ май, кашни рамăна вырнаçтармассерен минутăсем перекетлетĕп. Виççĕмĕшĕ—ăсталăх, пултарулăх. Пысăк ăсталăха кура мана 6-мĕш разряд—çуртсем тăвакан предприятисенчи столярсен чи çӳлти разрядне пачĕç.

Пахалăх—ĕçĕн тĕп кăтартăвĕ. Эпĕ пĕр браксăр продукци туса кăларатăп. Завод управленийĕ мана продукци çине, техни[illegible]лă контейнерсене кăлартмасăр, хăма клеймо çапма ирĕк пачĕ.

Эпĕ, совет влаçĕпе большевиксен партийĕ пăхса ӳстернĕ рабочи, манăн ĕçтăлăха мăнтисенчен пытармастăп, хăвăрт та тухăçлă ĕçлеме çамрăксене вĕрентетĕп. Столярнăй цехра пулнă çул [illegible] вуншар рабочи манăн меслетсемпе усă курма вĕреннĕ. Манăн [illegible] пулнă А. [illegible] халĕ 6-мĕш разрядлă столяр шутланать, заводăн строительство пайĕнче бригадир пулса ĕçлет. Çамрăк рабочи Г. Андреев, малта пыракан столярсен опычĕпе пултаруллă усă курса, нормăна икĕ хут ирттерсе тултарать.

Цех технологĕ А. Васильев ертсе пынипе столярсен участокĕнче стахановла шкул ĕçлет. Эпир, вăтă рабочисем, çак шкулан кашни кĕçнерникун пулакан занятийĕсенче çамрăксене тухăçлă ĕçлеме вĕрентетпĕр.

Сăмах майĕн манăн ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан хăшпĕр сĕнӳсем парас килет. Пирĕн цехра халĕ пӳрт алăкĕсемпе чӳречисем тумалли детальсене станокран станока вагонеткăсемпе е çĕклемĕн йăтса куçараççĕ. Час-часах детальсене каялла илсе çӳрени те пулать. Çакă вăл рабочисен ĕç вăхăтне усăсăр пĕтерет, ĕç тухăçлăхне чакарать. Малта пыракан рабочисем тахçанах цехри ĕçе поток меслечĕпе йĕркелесси çинчен тата чылай процессене механизацилесси çинчен калаçаççĕ. Инженерсемпе техниксенчен тата завод управленийĕнчен татăклă ответпа ĕçлĕ мерăсем кĕтетпĕр.

Пирĕн завода—мирлĕ ĕçпе социализмла ăмăртура тата пысăкрах ӳсĕмсем тăвасси, тăван шахтерсем валли хальхинчен нумайрах çуртсем туса парасси. Çак задачăна ăнăçлăн пурнăçлассишĕн кĕрешнĕ вăхăтра чăрмавсем те пулкалаççĕ-ха. Чĕртавар—йывăç—çитменнипе завод апрельпе май уйăхĕсенче туллин ĕçлеймерĕ. Завод руководителĕсен çулталăкĕпе ĕçлемелĕх йывăçа çулла хатĕрлесе хумалла.

**А. МАНЮКОВ.**

### Торфяниксен ăмăртăвĕ

УЛАТĂР. «Большое лесное» торф предприятийĕ торф кăларма апрелĕн 28-мĕшĕнче тытăнчĕ. Сезон пуçланнăранпа 400 тонна ытла торф кăларнă. Рабочисем ĕçсыннисемпе учреждениссем валли топливо ытларах хатĕрлессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, унăн хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн кĕрешеççĕ.

Норма тăрăх резчикăн сменăра 2.750 торф кирпĕчĕ касса кăлармалла. Завьялова юлташ сменăра 5.500-шер кирпĕч, Швецова юлташ 5.700-шер кирпĕч, Костылев юлташ—6.000-шер кирпĕч касса кăлараççĕ. Торф турттаракан Кузнецова, Ершов, Иванов тата Тужина юлташсем ĕç нормине куллен икшер хут ирттерсе тултараççĕ.

Рабочисем хушшинче массăллă ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Эрнере икĕ хут политинформаци ирттереççĕ, куллен хаçатсем вуласа параççĕ, уйăхра икĕ хут «Торфяник» стена хаçачĕ кăлараççĕ. Звеносем пĕр-пĕрнипе ăмăртаççĕ. Ăмăрту мĕнле пынине куллен кăтарту хăми çине çыраççĕ.

Шупашкар хулинчи промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи новаторсен чĕнсе калanine сӳтсе явса, рабочисемпе служащисем торф кăларса типĕтмелли сезонти плана срокчен тултарма, планран ирттерсе чылай торф кăларма сăмах пачĕç.

**Н. АННЕНКОВ.**

### Çуркунне

Йăлтăртататъ çап-çут тавралăх,
Телейлĕ, савăк çуркунне!
Куллен кунах ӳсет хаваслăх,
Садсем лараççĕ çеçкене.

Çуркунне пек илемлĕ ĕмĕр,
Мухтавлă ĕмĕр пирĕнте.
Юратнă Сталин—ыр аттемĕр
Çунатлантарчĕ ĕмĕте.

Катмар ГЭС-сем епле ӳсеççĕ!
Чаватпăр чаплă каналсем.
Атăлпала Дон ал тытаççĕ—
Пĕрлешрĕç ĕмĕрхи шывсем.

Никамăн та вăй-хал çитменччĕ
Çантадăка улăштарма,
Совет çынни вăй-хал çитерчĕ
Пушхирсенче тырпул тума.

Мĕн пирки-ха эпир хăватлă?
Мĕн пирки-ха эпир пуян?
Аттемĕр Сталинпа хăватлă,
Аттемĕр Сталинпа пуян.

**Василий АЛЕНТЕЙ.**

## ИТОГЛĂ ЗАНЯТИСЕМ

Пирĕн кружокри коммунистсем «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» икĕ çул хушши тăрăшса вĕренчĕç. Кăçал вĕреннĕ материала коммунистсем мĕнле ăнланнине тишкĕрсе тухма кружокра икĕ занятти пулчĕ.

Итоглă занятисем вĕренекенсемшĕн ответлă тапхăр пулса тăраççĕ. Çав занятисенче, пĕр енчен, пропагандист тата вĕренекенсем вĕренӳ çулĕнче мĕнле ĕçлени палăрать, тепĕр енчен, вĕренекенсем хăйсен пĕлĕвĕсене тата та тарăнрах çирĕплетеççĕ. Пирĕн кружока çӳрекенсем лайăх вĕренчĕç, кашниннех конспектсем пур.

Итоглă занятисене ирттерме эпир тĕплĕн хатĕрлентĕмĕр. Кашниех вĕреннĕ материалсене тепĕр хут аса илсе, конспектсене вуласа тухнă. Вĕренекенсене пулăшма ятарласа консультаци организациленĕ. Клубра уйрăм пӳлĕм тунă. Унта кĕнекесем, карттăсем, плакатсем т. ыт. те çителĕклĕ. Консультаци парас ĕçе учительсене те хутшăнтарнă.

Итоглă занятине А. Павлов пропагандист пур енчен те тĕплĕн хатĕрленнĕ темелле. Занятисенче пăхса тухма палăртнă тĕп ыйтусен планне вăл малтанах туса хатĕрленĕ.

Пĕрремĕш занятире кружок руководителĕ А. Павлов юлташ занятин тĕллевĕ тата ăна ирттермелли йĕрке çинчен каласа пачĕ. Унтан ыйтусем пама пуçларĕ. Тĕплĕн шухăшланă хыççăн, вĕренекенсем ответлеме тытăнчĕç. Пĕр ыйту тăрăх темиçе çын тухса калать.

И. Михайлов юлташ коммунизмăн аслă стройкисем çинчен аван каларĕ. Атăлпа Дон хушшинчи тата Туркменири тĕп канал çинчен каланипе пĕрлех, вăл хамăр колхозра шăрăх çанталăкпа кĕрешнине тĕслĕхсемпе çирĕплетсе пачĕ. В. Николаев юлташ çĕршывра массăллă колхоз юхăмĕ пуçланса кайни çинчен тĕплĕн каларĕ. Вăл «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕнчи» материалсене кăна мар, илемлĕ литературăри тĕслĕхсене те илсе кăтартрĕ, колхозсем пĕрлешсе пысăкланнă хыççăн пысăк çитĕнӳсем туни çинчен вырăнти фактсемпе ăнлантарчĕ. Вăл Сталин юлташăн «Çитĕнӳсем пирки пуç çавăрăнни» ятлă статьинчи тĕп ыйтусем çинчен лайăх каларĕ.

Вĕренекенсем ыйтусем çине ответ панă хыççăн, пропагандист хăй кĕскен ăнлантарса пĕтĕçтерет.

Итоглă занятисем коммунистсем вĕренӳ çулĕнче аван ĕçленине, лайăх пĕлӳ илнине кăтартрĕç.

Юлашкинчен ВКП(б) райкомĕн секретарĕ Калинина юлташ кружок ĕçĕсемпе çитменлĕхсем çинче чарăнса тăчĕ, марксизм-ленинизм теорине малашне мĕнле вĕренмелли çинчен каларĕ.

Кружокра вĕренекенсем хăйсен шухăш-кăмăлĕсене каласа пачĕç, пропагандиста лайăх вĕрентнĕшĕн тав тӳрĕç.

**А. ЕГОРОВ.**

Тăрăн ялĕ,
Ишлей районĕ.

## Эпир большевизм теорине вĕренекенсемпе мĕнле ĕçлетпĕр

**И. НОВИКОВ,**
ВКП(б) Канаш хула комитечĕн секретарĕ.

Марксизм-ленинизм теорине творчествăллă вĕренмелле, çав теори мĕне вĕрентнине, унăн пĕлтерĕшне тарăн ăнланса илмелле. Çакă вăл практикăллă ĕçĕн кăткăс та нумай енлĕ ыйтăвĕсене тĕрĕс татса пама пулăшать.

Марксизм-ленинизм теорине вĕренсе алла илмелли тĕп меслет вăл—большевизмăн историйĕпе теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренни пулса тăрать. Çакна ăна вăтă большевиксен опычĕ тăрăх тĕрĕслесе пăхнă.

Политикăллă пĕлӳлĕхе ӳстерес тĕлĕшпе харпăр-хăй тĕллĕн ĕçлекен кадрсене пулăшас тĕлĕшпе парти организацийĕсен уйрăмах тимлĕн ĕçлемелле. Çакна асра тытса, ВКП(б) хула комитечĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçне кирлĕ пек йĕркелесе, тăтăшах ертсе пырать.

Хулари парторганизацире марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн пурĕ 348 çын вĕренеççĕ. Вĕсенчен 120-шĕ—«ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренеççĕ, 152-шĕ — парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен уйрăм произведенийĕсем тăрăх, 76-шĕ вара — диалектикăллă тата историллĕ материализма вĕренеççĕ.

ВКП(б) хула комитечĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма парти активĕнчен 26 квалификациллĕ консультант уйăрнă. Консультантсене пурне те ВКП(б) хула комитечĕн бюровĕнче çирĕплетнĕ. Вĕсенчен пысăк пайĕ аслă шкулсенче вĕренсе тухнă, нумайăшĕ консультантсем пулса виçĕ çултан пая мар ĕçлесĕ. Харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçри ăнăçлăхĕ консультантсенчен питĕ нумай килет. Çавăнпа та парти хула комитечĕ консультантсемпе тимлĕн ĕçлет. Эпир парти вĕренĕвĕн 1951—1952 çулĕнче консультантсем валли методикăллă темăсем тăрăх лекцисем тăтăшах ирттертĕмĕр. Акă вăл темăсенчен хăшĕ-пĕрисем: «Большевиксен партин историйĕпе теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренни—кадрсем марксизм-ленинизм теорине вĕренсе алла илмелли тĕп меслет», «Консультантсен харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсем хушшинчи ĕçĕн формисемпе меслечĕсем», «Юлташла калаçусем ирттермелли методика» тата ытти те.

Çавăн пекех хула комитечĕ консультантсен канашлăвĕсене те ирттерет, чылай консультантсен ĕçĕ çинчен ВКП(б) хула комитечĕн бюровĕн ларăвĕнче е хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕнче итлесе сӳтсе явнă. Сăмахран, вагонсем юсакан заводри консультантăн Суперфин юлташăн ĕçĕпе хула комитечĕн бюровĕнче, Беляева, Тарасюк, Липатов, Феоктистова, Лысак тата ытти консультантсен ĕçĕпе—хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕнче паллашнă, вĕсен ĕçри опытне ытти парторганизацисенче сарнă. Ун хыççăн вĕсем лайăхрах ĕçлеме пуçларĕç, консультацисене йĕркеллĕ ирттерсе, харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсене кирлĕ пулăшăва вăхăтра парса тăчĕç.

Суперфин юлташ—вагонсем юсакан заводри лайăх ĕçлекен консультантсенчен пĕри. Вăл çав вĕренӳ çулĕнче парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренекен 10 юлташа пулăшса пырать. Унăн ĕçĕнчен чылай вĕренме пулать. Суперфин юлташ кашни вĕренекене мĕнле пулăшу кирлине тĕплĕ пĕлсе тăрать. Çавна шута илсе, тĕп ыйтусем тăрăх пурин валли те ятарласа палăртнă кунсенче консультаци ирттернипе пĕрлех, вăл вĕсемпе пĕчченшерĕн те час-часах консультаци ирттерет. Кунсăр пуçне вăл марксизм-ленинизм классикĕсен уйрăм произведенийĕсем тăрăх лекцисем вулас ĕçе те организацилеме тăрăшать. Суперфин юлташ хăйĕн ĕçне кашни вĕренекен харпăр-хăй тĕллĕн мĕнле вĕреннине, унăн производствăри ĕç условийĕсене шута илсе йĕркелесе пырать. Унăн сумне çирĕплетнĕ виçĕ коммунист, тĕрлĕ сменăсенче ĕçленĕ пирки, консультацисене малтанах палăртса çирĕплетнĕ кунсенче çӳреме пултараймаççĕ. Çавна шута илсе, вăл консультацие вĕсем ĕçлемен кунсенче уйрăмăн ирттерет.

Çавăн пекех вагонсем юсакан заводра В. Алексеев юлташ консультант пулса виççĕмĕш çул ĕçлет ĕнтĕ. Ун сумне кăçалхи вĕренӳ çулĕнче сичĕ коммуниста çирĕплетнĕ. Вăл вĕсем харпăр-хăй тĕллĕн мĕнле вĕреннипе тăтăшах интересленет: вĕсене консультацисене чĕне-чĕне илет, вĕсемпе юлташла калаçусем ирттерет; вĕренекенсен отвечĕсем çителĕксĕр е йăнăш пулсан, çав ыйтусене хăй тĕпĕн ăнлантарать, харпăр-хăй тĕллĕн ĕçлеме усăллă канашсем, кăтартусем парать.

Алексеев юлташ сумне çирĕплетнĕ кашни вĕренекенĕн уйрăм ĕç планĕ пур. Вăл çав плансене пурнăçлас тĕлĕшпе кашни çын уйрăммăн, мĕнле ĕçленине çирĕп тĕрĕслесе тăрать.

Идейăллă-теориллĕ шая хăпартас тĕлĕшпе харпăр хăй тĕллĕн ĕçлекенсенчен нумайăшĕ вĕренӳ планне ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ, марксизм-ленинизм теорине вĕренес ĕçе вĕсем производство планĕсене пурнăçлассипе тачă çыхăнтараççĕ. Вĕсен шутне вагонсем юсакан заводри Кургаев, Киселев, Никитин юлташсем, Тракторсбыт кантурĕн управляющийĕ Кривоносов юлташ т. ыт. юлташсем кĕреççĕ. Вагонсем юсакан заводри ремонтно-механически цехри аслă бухгалтер Николаев, йывăç каскалакан цехри нормировщик Азизов юлташсем те лайăх вĕренеççĕ. Вĕсем «Совет Союзĕн Аслă Отечественнăй вăрçи» сыпăка вĕренсе чухнĕ Л. П. Берия юлташ «Октябрьти Социализмлă Аслă революци 34 çул тултарни çинчен», П. Н. Поспелов юлташ «В. И. Ленин вилнĕренпе 28 çул тултарни çинчен» тунă докладсемпе, çавăн пекех ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли плана 1951 çулта тултарни çинчен пĕлтернипе, ССР Союзĕн Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕн материалĕсемпе тата ыттипе те тĕплĕн паллашнă. Вагонсем юсакан заводри Гаврилова, Воронин слесарьсем те большевизма харпăр-хăй тĕллĕн начар мар вĕренсе алла илеççĕ.

ВКП(б) хула комитечĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăрать. Эпир харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсене шута илсе, вĕсене консультантсем сумне çирĕплетнипех лăпланса лармастпăр. Кадрсем хăйсен идейăллă шайне ӳстерес тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине хула комитечĕн секретарĕсем, пайсен заведующийĕсем, ытти ответлă работниксем тăтăшах тĕрĕслесе тăрсан çеç ку ĕç тивĕçлипе пулса пынине эпир хамăрăн ĕçре тĕрĕслесе куртăмăр.

Харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма лекцисем йĕркеллĕ ирттерни питех те пысăк вырăн йышăнать. ВКП(б) хула комитечĕ лекцисем вулас ĕçе кăçалхи вĕренӳ çулĕнче пысăк квалификациллĕ специалистсене — учительски институтпа вăтам шкулсенчи преподавательсене анлă хутшăнтарчĕ. Çапла вара штатра тăман лекторсен вăйĕпе пурĕ 92 лекци ирттернĕ. Вĕсенчен 33-шне—«ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕ» тăрăх, 41-шне—марксизм-ленинизм классикĕсен паллăрах произведенийĕсем тăрăх, 18-шне—философи ыйтăвĕсемпе.

Опыт çакна кăтартса пачĕ: ăçта пуçламăш парторганизацисем марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçне контроллесе тăраççĕ, ку ĕçе куллен ертсе пыраççĕ, çавăнта ĕç те ăнăçлă пырать, марксистла-ленинла теорие вĕренесси хутран-ситрен кăна мар, системăпа пулса пырать, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем вара вĕренӳ планĕсене йĕркеллĕ пурнăçлаççĕ, марксизм-ленинизм наукине ăнăçлăн вĕренсе алла илеççĕ. Чугун çул дистанцийĕнчи пуçламăш парторганизаци (секретарĕ Красичков юлташ), сăмахран, харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекен коммунистсен ĕçне тăтăшах тĕрĕслет, çавна пула унти коммунистсем вĕренӳ планне пĕр тикĕс пурнăçласа пыраççĕ. Уйрăмах чугун çул дистанцийĕн начальникĕ Светоозерский юлташ, кадрсен пайĕн начальникĕ Яковлев юлташ тата ытти те лайăх ĕçленине палăртмалла.

Харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсене ертсе пыман, ку ĕçпе çителĕксĕр интересленнĕ çĕрте вара, пачах урăхла, ĕç те япăх пулса пырать. Маслопром базинчи пуçламăш парторганизацинче (секретарĕ Павлов юлташ) марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçĕпе сахал интересленеççĕ. Унта Павлов юлташ хăй те вĕренӳ планне туман, тĕрĕслесе илсен, вăл хăйĕн идейăллă шайне ӳстерес тĕлĕшпе пачах ĕçлемест.

Çакăн пек çитменлĕхсене вăхăтра пахартас тесе, ВКП(б) хула комитечĕ харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекен коммунистсене ВКП(б) хула комитетне е хула комитечĕн парткабинетне чĕнсе иле-иле калаçать, парткабинет ирттерекен лекцисемпе докладсене ытларах çӳретме тăрăшать, пуçламăш парторганизацисенче те лекцисемпе консультацисем ирттерет. Çапах, кăçалхи вĕренӳ çулĕнче хула комитечĕн парткабинетне харпăр-хăй тĕллĕн вĕренес ĕçре йывăрлăхсем ытларах тĕл пулакан, пулăшу кĕтекен коммунистсене иквиçшер хутчен чĕнсе илсе пулăшнă.

ВКП(б) хула комитечĕн секретарĕсем марксистла-ленинла теорие харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсемпе тĕл пулса калаçма пуçларĕç. Çакă вăл, паллах ĕнтĕ, паха результатсем парать.

Анчах марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшас, ку ĕçе ертсе пырас тĕлĕшпе пирĕн ĕçре çитменлĕхсем чылай-ха. Харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекен юлташсене хăшпĕр пуçламăш парторганизацисенче йĕркеллĕ пулăшса тăмаççĕ, апла пулин те хула комитечĕ марксистла-ленинла теорие вĕренес ĕç çине сӳрĕккĕн пăхакан юлташсемпе пуринпе те тĕл пулса калаçайман. Уйрăмах ертсе пыракан кадрсем харпăр-хăй тĕллĕн мĕнле вĕреннине тĕрĕслесе тăраймастпăр, çавна пула вĕсем чылайăшĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсен шутĕнче шутланса кăна тăраççĕ, тĕрĕсрен илсен, хăйсен идейăллă шайне хăпартас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Горпромкомбинат директорĕ Орлов юлташ, кинотеатр директорĕ Николаев юлташ, чугун çул ОРС-ĕнче ĕçлекен Сперанский юлташ харпăр-хăй тĕллĕн вĕренмелли ĕç планĕ тунипех лăпланса ларнă.

ВКП(б) хула комитечĕ парти вĕренĕвĕн çулне ăнăçлăн вĕçлеме тăрăшать. Ку ыйтупа ятарласа консультантсен канашлăвне ирттернĕ. Программăн уйрăм темисем тăрăх лекцисем тепĕр хут вуласине йĕркеленĕ, харпăр-хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшас шутпа консультацисем ирттеретпĕр тата парти вĕренĕвĕн çулне вĕçлеме хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен парти пухăвĕсенче сӳтсе яватпăр. Çав пухусенче коммунистсем большевизма харпăр-хăй тĕллĕн вĕренес ĕçри чылай çитменлĕхсене палăртаççĕ. ВКП(б) хула комитечĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр-хăй тĕллĕн вĕренес ĕçри çитменлĕхсене хăвăрт пĕтерессишĕн кĕрешет.

*Выльăх-чĕрлĕх пăхаканĕсене пулăшма*

# Кĕтӳ çӳретмелли вырăнсемпе мĕнле усă курмалла

Çуллахи вăхăтра выльăхсем кун каçа тенĕ пекех ура айĕнчи ешĕл апатпа тăранса пурăнаççĕ, усă çĕрте çӳреççĕ. Кĕтӳ кĕтмелли вырăнсенче выльăхсем йӳнĕ те паха апат çиеççĕ. Таса сывлăш, хĕвел ути, тĕрлĕрен симĕс курăк—çаксем пурте ĕнтĕ выльăх-чĕрлĕх ӳт-пĕвне çирĕплетеççĕ, чир-чĕр ересрен сыхлаççĕ, çамрăк выльăхсене хăвăрт ӳссе аталанма пулăшаççĕ.

Кĕтӳ кĕтмелли вырăнсемпе тĕрĕс усă курас тесен, кĕтӳсене уйрăм участоксенче çӳретес ĕçе организацилемелле пулать. Кĕтӳ çӳретмелли пĕтĕм çĕре 6—8 участока пайламалла та вĕсем çинче кĕтĕве черетĕн-черетĕн çӳретмелле. Кĕтĕве уйрăм участоксенче çӳретни çакăн пек усă парать: кĕтӳ кĕтмелли вырăнсенчи курăкпа выльăх-чĕрлĕх туллин усă курать. Выльăх-чĕрлĕх яланах тин çитĕннĕ, таптаса пĕтермен çамрăк курăк çинче çӳрет. Пĕрре çитерпĕ участок çинче çамрăк курăк хăвăртрах ӳссе çитĕнет. Курăка выльăх-чĕрлĕх таптаса пĕтермест. Выльăх-чĕрлĕх пĕтĕм участок тăрăх çӳресе ытлашши ывăнмасть.

Çаксем пурте кĕтӳ кĕтмелли вырăнсемпе тухăçлăн усă курма, курăка лайăх çиме, çапла вара выльăх-чĕрлĕхĕн тухăçлăхне ӳстерме май параççĕ.

Малта пыракан колхозсем выльăх-чĕрлĕхе кĕтӳре çӳретес ĕçе выльăхсене çамрăк курăка яланах тăраниччен çитермелле организацилеççĕ. Сăмахран, Сĕнтĕр районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра выльăх-чĕрлĕхе кĕтӳре çӳретес ĕçе акă мĕнле йĕркелеççĕ. Кунта кĕтӳ кăлариччен план туса хатĕрлеççĕ. Сăвакан ĕнесене уйрăм участок çинче кĕтсе çӳреççĕ, ĕнесене кунĕн-çĕрĕн кĕтӳре çӳретеççĕ, ку вара ĕнесен сĕт тухăçлăхне чылаях ӳстерме пулăшать.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхозăн фермипче ĕçлекенсем ĕнесем сĕт ытларах парассине апатран килнине лайăх пĕлеççĕ. Çавăнпа та кунта выльăх апачĕ хатĕрлес ĕç çине ялан тимлĕн пăхаççĕ. Ку колхозра выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада организациленĕ. Унăн членĕсем 265 гектар çаранпа кĕтӳ кĕтмелли вырăнсене лайăхлатаççĕ, çак участоксем çине тислĕк шĕвекĕпе минераллă удобренисем сапаççĕ. Кунта кашни çулах общественнăй выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ апат хатĕрлеççĕ. Фермăра ĕçлекенсем кашни ĕнерен сахалтан та 2.000 литр сĕт суса илме тăрăшаççĕ.

Муркаш районĕнчи «Красное Сормово» колхозра та çуллахи вăхăтра выльăх-чĕрлĕхе кĕтӳре йĕркеллĕ çӳретеççĕ. Кĕтӳ çӳретмелли вырăна ултă пысăк участок çине пайланă. Выльăх-чĕрлĕхе пĕр участокран тепĕр участок çине черетпе куçарса кĕтеççĕ. Выльăхсем малтанхи участок çине тепĕр хут пырса кĕриччен ултă кун иртет; çав вăхăтра курăк çĕнĕрен çитĕнсе çитет, выльăх-чĕрлĕх вара ялан витаминлă курăк çиет.

Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхозра темиçе çул хушши ĕнтĕ кĕтӳ кĕтмелли вырăна, ăна уйрăм участоксем çине пайласа, кирлĕ пек усă кураççĕ. Çавăнпа та выльăх-чĕрлĕхрен ялан пысăк тухăçлăх илеççĕ.

Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозра та выльăх-чĕрлĕхе кĕтӳре çӳретес ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Сăмахран, сурăхсене çулла пăхас ĕçе çапла организациленĕ:

Çуркунне, сурăхсене кĕтĕве кăлариччен, кĕтӳ кĕтмелли вырăнсене лайăх пăхса тухаççĕ, тасатаççĕ; сурăхсен сывлăхне ветеринарипе зоотехника енчен тĕрĕслеççĕ, вĕсен чĕрнисене касса тасатаççĕ.

Сурăхсене витере усранă хыççăн кĕтӳре çӳретме ерицен, 8—10 кун хушшинче, хăнăхтараççĕ. Малтанхи кунсенче вĕсене кĕске вăхăт хушши кăна (виç-тăват сехет) кĕтӳре çӳретеççĕ, ир те, каç та фермăра утă-улăм çитереççĕ.

Сурăх фермине çирĕплетсе панă вырăна темиçе участока пайлаççĕ. Кашни участок çинче выльăхсене 5—6 кун хушши çӳретеççĕ.

Фермăра нумай çул хушши ĕçлекен Николай Рыбаков сурăхсене кĕтӳре çӳретес ĕçе ăста пĕлет. Вăл кĕтӳ умĕнче пырать, унăн юлташĕ—кĕтӳ ачи—юлса пыракан сурăхсене ерипен хăвалать. Çапла вара, сурăхсем пĕр ретпе, талкăшĕпех çӳреççĕ. Сурăхсене çулла талăкра 14—16 сехетрен кая мар çӳретеççĕ. Кĕтӳри сурăхсене вăхăтра тăрантараççĕ, шăвараççĕ тата кантараççĕ. «Гвардеец» колхозра сурăхсене пăхса усрас ĕçе лайăх организациленипе пула сурăхсен йышĕ çултан-çул ӳссе пырать. Сăмахран, 1950—1951 çулсенче сурăх фермипче ĕçлекенсем 527 путек, урăхла каласан, кашни 100 сурăхран 140 путек илнĕ, пĕр путек те чирлемен, вилмен. 1951 çулта кашни сурăхран вăтам шутпа 3,4 килограмм çăм касса илнĕ. Фермăра тăватшар-пилĕкшер килограмм çăм паракан сурăхсем сахал мар. Кун пек колхозсем республикăра татах та нумай.

Кĕтӳ кĕтмелли вырăнсене тĕрĕслесех тăмалла, унти тĕрлĕрен çӳп-çапсене, шăмăсене, майракасене, чĕрнесене, тир татăкĕсене т. ыт. те пухса çунтарса ямалла.

Выльăхсен тĕрлĕ ушкăнĕсене кĕтӳ кĕтме уйрăм участоксем уйăрмалла. Вĕсемпе усă курма уйрăм йĕрке пулмалла. Кĕтӳ çӳретмелли вырăна чирлĕ выльăх-чĕрлĕхсене кăларма юрамасть, вĕсене сыввисенчен уйрăм кĕтмелле.

Участокри апат запасне тĕпчесе пĕлсе, унта миçе пуç выльăх çӳретме май пуррине палăртаççĕ.

Кĕтӳ кĕтмелли вырăнта кĕтĕве ирĕклĕн çӳретмелле мар. Çав вырăна темиçе участок çине пайламалла, унти кирлĕ участока черетĕн çитермелле, пĕр участок çинче кĕтĕве 4—6 кун хушши кĕтеççĕ. Çав вырăнти курăка çисе ярсан, кĕтĕве тепĕр участок çине, унтан виççĕмĕш çине куçараççĕ. Юлашки участок çинчен кĕтĕве каллех пĕрремĕш участок çине куçараççĕ. Кĕтӳ çавăрса çитнĕ çĕре кунта курăк çĕнĕрен ӳсет. Миçе участок тăвасси, участок çинче кĕтĕве мĕн чухлĕ вăхăт çӳретесси курăк мĕнле шăтнинчен, кĕтӳ çӳресе хыççăн вăл хăвăрт ӳсме пултарнинчен килет. Кĕтӳ çӳретмелли вырăнсене 8—12 участока пайласан аванрах пулать.

Сывăх вăхăтри пăрулаттăмалли ĕнесене кĕтмелли вырăнсем ферма çывăхĕнче пулмалла. Çавăнпа ĕнесем валли уйрăм лайăх участоксем уйăрмалла.

Курăка нихçан та тымарĕ таранах çитерсе яма юрамасть, кун пек тусан курăк начар шăтакан пулать. Хăшпĕр чухне, курăк каллаха ӳснĕ вăхăтра, апатсем ытлашшипе çисе яраймаççĕ. Кун пек чухне выльăх çисе яраймин участок çинчи курăка утăлăх çулса типĕтме е силос хывма пулать.

Çанталăк шăрăх тата пăвансем тухнă вăхăтра выльăхсене каçхине кĕтес ĕçе йĕркелемелле. Çавăнпа ĕнесем кĕтӳре мĕн чухлĕ нумайрах вăхăт хушши çӳресĕ, ура айĕнчи апата вĕсем çавăн чухлĕ ытларах çиесĕ, çапла вара сĕт те çавăн чухлĕ ытларах парассĕ. Çавăнпа та выльăх-чĕрлĕхе кĕтĕве май килнĕ таран иртерех хăваласа тухмалла та каçхине çĕрле пулсан тин хăваласа килмелле.

Кĕтӳре çӳретнĕ вăхăтра ĕнесене талăк хушшинче виçĕ хут сумалла, кĕтӳ çӳретмелли вырăн инçетре пулсан, ĕнесене çавăнтах сумалла.

Кĕтӳ çӳретмелли вырăнта курăк лайăх ӳстер тесен, унта, вăхăтран-вăхăта удобренисем тăкса, çĕре çемçетес пулать.

**А. МИТРОФАНОВА.**

ÜКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Чăваш ялхуçалăх институчĕн агрономи факультечĕн II-мĕш курсĕнче отличнона вĕренекен Л. М. Николаева лабораторире.

Фото С. ВИКТОРИНОВĂН.

# ШКУЛТИ КРАЕВЕДЕНИ

Юлашки çулсенче Аслă Елчĕкри çичĕ çул вĕренмелли шкулта краеведени ĕçĕ чылай лайăхланчĕ.

Пирĕн шкулти краеведени кружокне 1948 çулта организациленĕ. Кружока V—VII-мĕш классенче вĕренекенсене 25 ача явăçтарнă. Кружокра историпе ботаника секцийĕсем ĕçлеççĕ. Кружокăн малтанхи занятийĕсенче хамăр яла районă тĕплĕн вĕреннĕ, район территорийĕнче авалхи çынсен орудийĕсене чĕркунсен юлашкийĕсене шыраса тупнă.

Ял историне тĕпчесе вĕренес ĕçе кружок членĕсем шкул историне вĕренессинчен пуçласа ячĕç. Пирĕн шкул 1893 çулта ĕçлеме пуçланă. Ун чухне шкулта икĕ класс пулнă, вĕсенче 35—40 ача вĕреннĕ.

Халĕ шкулта 472 ача вĕренет, 23 учитель ĕçлет. Шкултан вĕренсе тухнă ачасем халĕ учительсем, медицина работникĕсем, инженерсемпе техниксем, ялхуçалăх специалисчĕсем пулса ĕçлеççĕ. Чылайăшĕ—Совет Çарĕн офицерĕсем. Пирĕн шкул воспитанникĕ Г. Тябуков юлташ—Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ. Ялхуçалăх пайĕн главнăй агрономĕ В. Галкина юлташ та пирĕн шкул воспитанникĕ, ăна та Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутатне суйланă.

Юлашки икĕ çул хушшинче кружок авалхи материалсем нумай пухрĕ. Ку материалсенчен малтан шкулта краеведени кĕтесĕ турăмăр. 1951 çулта шкулта краеведени музейĕ усрăмăр. Музейра истори, ботаника тата этнографи пайĕсем пур.

Истори пайĕнче авалхи чĕркунсен шăммисемпе бронза ĕмĕрĕнчи мăлатуксем пухса хутăмăр.

ВКП(б) Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çанталăка урăхлатса çĕнетмелли сталинла аслă план йышăннă хыççăн, кружок членĕсем шкулăн опытлă участокĕнче улма-çырла йывăççисем чĕртнипе пĕрлех, вăрман йывăççисен питомникĕ турĕç, тĕрлĕ йывăççем чĕртсе ӳстерчĕç. 1950 çулта питомникран 24.360 тĕп çамрăк йывăç хамăр Ленин ячĕпе тăракан колхоза вăрман тăрăхĕсем тума патăмăр. Çапла вара колхоз 5 пин тенкĕ укçа перекетлесе хăварчĕ.

1951 çулта шкул питомникĕн лаптăкĕ 0,20 гектара çитрĕ. Унта вĕрене, юман, акаци, хыр йывăççисем пур. Халĕ эпир шкул питомникĕнчен хамăр колхоза çеç мар, ытти колхозсене те йывăççем сутма пултаратпăр. Иртнĕ çул кĕркунне шкул питомникĕнчен кӳршĕри «Пахарь» колхоза 2 пин тĕп вĕрене, 500 тĕп юман, «Трактор» колхоза пин тĕп вĕрене парса пулăшрăмăр.

Кружок членĕсем 1950 çултанпа тĕрлĕ йĕран çинче помидорсем акса ӳстерме вĕренчĕç. Пăран çинче ӳстерекен помидор калчисене кимĕнле çивĕ те тивмест. Пирĕнтен кура халĕ ялта помидора тĕрĕс йĕран çине лартма пуçларĕç. Ку вăл ачасемшĕн те, ялти колхозниксемшĕн те паха опыт пулса тăчĕ.

Аслă Елчĕкпе Патреккел хушшинче 1,5 гектар лаптăкăш кӳлĕ пур. Хĕлле кӳлĕ хулăн пăрпа тата юрпа витĕнет. Кӳлĕ хĕррипе торф татăкĕсем курăнаççĕ. Ватă çынсем каласа панă тăрăх, ку кӳлĕ вулкан хыççăн пулса кайнă, çавăнпа унăн тĕпĕ çук, теççĕ.

Халăх хушшинчи çакăн пек суя шухăшсене сирсе пăрахас тесе, кружок членĕсем кӳлле тĕпчесе пăхма шутларĕç. Кӳлĕри ӳсентăрансене, чĕрчунсене, кӳлĕ хĕррисене, тăрăхĕсене сăнаса пăхрĕç. Тата кӳлĕре пулă ĕрчетме май пуррипе çуккине те сăнанă.

Кӳлĕ тарăнăшĕ 4—5 метр, тĕпĕ юшкăнлă. Çапла вара кӳлĕ шурлăхлă вырăнта пулни кӳлĕ вулкантан пулса кайманнине пĕлтерет. Кӳлĕре ӳсентăрансем те, чĕрчунсем те пурăнаççĕ. Кӳлĕре карп пулă ĕрчетме май пур.

Кружок членĕсем иртнĕ кĕркуннерен пуçласа çуракине хатĕрлеме тытăнчĕç. Кĕркунне парниксем валли шăтăк чавса хăварнă. Кунта пахча çимĕç калчисене лартса ӳстереççĕ, вăрăсен шăтасăхне тĕрĕслесе пăхаççĕ. Ĕç хатĕрĕсемпе удобренисене те кимĕнле хатĕрлесе хунă. План тăрăх 8 поход ирттерме палăртнă, унта 472 ача хутшăнмалла. Вĕрену çулĕ пĕтсен кружок членĕсем Ульяновск хулине каяççĕ, унта вĕсем хамăр çулпуçăн В. И. Ленин музейне тата И. Я. Яковлев ячĕпе тăракан педучилищăна кĕрсе кураççĕ.

**Е. МОЛОСТВОВ,**
Елчĕк районĕнчи Аслă Елчĕкри çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ.

# Ĕççынnисемшĕн сталинла тăрăшни

Вăрман касакансемпе йывăç юхтаракансен профсоюзĕ панă путевкăсем тăрăх çĕршер стахановецсем тата вăрçă инвалидĕсем Кавказри, Крымри тата ытти вырăнсенчи курортсемпе санаторисенче канаççĕ. Иртнĕ çул çак профсоюз енĕпе пирĕн республикăран курортсенче 204 çын, кану çурчĕсенче 404 çын, рабочисен ачисем пионер лагерĕсенче 500 çын ытла канчĕ. Вĕсен шутĕнче вăрман касакансем, йывăç юхтаракансем, шоферсем, лесниксем тата ытти ĕçпе пуранакансем те нумай.

Хĕрлĕ Чутай вăрманпромхозĕнчи рабочи-стахановец Н. Каницкий юлташ иртнĕ çулта Одессăри санаторинче, Вăрнар вăрманпромхозĕнче ĕçлекен Крутов рабочи тата Канашри вăрманпромхозĕнчи вăтă рабочи В. Степанов юлташсем Сочи хулинче, нумай рабочисем Ессентукинче, Пятигорскра, Кисловодскра тата ытти вырăнсенчи санаторисенче канчĕ.

Кăçал та нумай ĕççыннисем сывалма каяççĕ. Профсоюз членĕсем инçетри курортсемпе санаторисенче 233 çын. Васильсурскри, Юринăри тата Ильинкăри канмалли çуртсенче 389 çын, пионер лагерĕсенче 530 ача канмалла.

Майăн 15-мĕшĕнчен пуçласа санаторисемпе курортсенче канма кайнă çынсем хушшинче стахановецсем нумай. Вăрнар вăрманпромхозĕнче 15 çул объездчик пулса ĕçлекен М. Петров, Улатăрти вăрман юхтаракан предприятинче ĕçлекен стахановец А. Шабарин, Шупашкарти вăрманпромхоз шоферĕ П. Самохвалов тата ытти вуншар ĕççыннисем çĕршыври паллă курортсемпе санаторисене кайнă.

Республикăри вăрман касакансемпе йывăç юхтаракансен профсоюзĕн членĕсем, партипе правительство вĕсемшĕн куллен тăрăшнипе хавхаланса, ĕçре çĕнĕ ӳсĕмсем тума тăрăшаççĕ.

**В. ШАЛТАЙКИН.**

# Учительсен кану çуртĕнче

Учительсен Атăл леш енчи кану çуртĕнче кăçалхи сезонта 1.550 çын канмалла. Иртнĕ сезонта кунта 1.250 çын пулнă.

Кану çурчĕ канакансене кĕтсе илме лайăх хатĕрленсе çитнĕ. Дачăсене юсаса çитернĕ, çĕнĕрен икĕ заллă клуб тунă, канакансене кирлĕ пулакан япаласем илсе хатĕрленĕ. Кунта кăçал кун сиктерсе кино, çавăн пекех концертсемпе постановкăсем пулаççĕ.

Канакансем валли кану çурчĕн пуян библиотека пур. Унта илемлĕ литературăпа политика, ялхуçалăхпа медицина кĕнекисем нумай. Кану çуртне хаçатсемпе журналсем 25 экземпляр килсе тăраççĕ.

Канмалли çурта пĕтĕмпех электрификациленĕ, радиофикациленĕ.

Сезон майăн 23-мĕшĕнче пуçланать. Малтанхи сезонта 50 çын Мускавран, 40 çын хамăр республикăран тата 10 çын Мари республикинчен килмелле.

**Н. АЛЕКСЕЕВ.**

# Вăрман тăрăхĕсем

ШĂХАСАН. Районти колхозсенче уйхирне шăрăхран хӳтĕлекен вăрман тăрăхĕсем лартас ĕç анлăн саралса пырать. Ушанар ял Советĕнчи колхозсем çуракине анăçлă вĕçленĕ хыççăн, уй-хире шăрăхран хӳтĕлемелли вăрман тăрăхĕсем лартса ӳстерес тĕллевпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕç. Маленков ячĕпе тăракан колхозра опытлă колхозница О. Верхова юлташ ертсе пынипе çак кунсенче колхозниксем 10 гектар хăйăрлă çĕр лаптăкĕ çине 100 пин тĕп хыр йывăççисем лартса хăварчĕç. Çак ĕçре уйрăмах И. Тимофеев юлташ ертсе пыракан 4-мĕш уй-хир бригадинчи колхозниксем лайăх тĕслĕхсем кăтартса ĕçлерĕç. Вĕсем. хăйсене уйăрса панă участокра йывăç лартас ĕçсене кĕске вăхăт хушшинче вĕçлерĕç.

Çавăн пекех «За коммунизм», Калинин ячĕпе тăракан колхозсенче те йывăç лартма тытăнчĕç. Калинин ячĕпе тăракан колхоз 600 тĕп ытла вĕрене йывăççи лартрĕ.

**М. ПЕТРОВ.**
**В. КУРОПАТКИН.**

# М. Горький ячĕпе тăракан библиотекăра

Шупашкарти М. Горький ячĕпе тăракан библиотекăна кунсерен вăтамран 500 çын çӳрет. Канмалли кунсенче вара 600—650 çын ытла пулать.

Вулакансенчен нумайăшĕ кирлĕ литературăпа библиотекăрах, вуламалли залра усă кураççĕ. Çак кунсенче кунта уйрăмах студентсемпе вăтам шкулсенче вĕренекенсем нумай çӳреççĕ, вĕсем çитес экзаменсене хатĕрленеççĕ. Библиотекăра вĕсене экзамена хатĕрленме пур условисене те туса панă, кирлĕ кĕнекесене уйăрса хунă.

Канмалли кунсенче вулакансен залĕнче иртен пуçласа каçхине 10 сехетченех халăх нумай пулать. Çав кунсенче уйрăмах хулари предприятисенче ĕçлекен рабочисемпе работницăсем нумай пулаççĕ.

Обществăллă-политикăллă произведенисене ытларах пропагандăлас майпа библиотека кĕнеке выставкисем тăвать, вулакансен конференцийĕсемпе тĕрлĕ лекцисем ирттерет.

**Н. ИЛЬИН.**

# *Пĕвесем тăваççĕ*

ЕТĔРНЕ. «Правда» колхоз çак кунсенче пысăк пĕве туса пĕтерчĕ. Пĕве тарăнăшĕ виçĕ метр ытла, лаптăкăшĕ—пĕр гектара яхăн. Иртнĕ çулсенче колхоз кун пек пысăк пĕвесем иккĕ тунă. Халĕ колхозăн виçĕ пысăк пĕве пур.

Пĕвесенче карас, карп тата ытти тĕрлĕ пулăсем те нумай ĕрчетеççĕ. Тимирязев ячĕпе тăракан колхозра та иртнĕ çулсенче тунă пĕвесене çĕнетсе юсаççĕ. К. Буяндайкин бригади çĕнĕрен пĕр пĕве турĕ. Пĕве тарăнăшĕ икĕ метра яхăн.

**М. ЗАХАРОВ.**

*Редакцине килнĕ çыру*

# Райпотребсоюз договора пурнăçламасть

Районти суту-илӳ организацийĕсен, тавар çаврăнăш планне уйăхран-уйăха анăçлă тултарса пырас пулсан, фондпа паракан таварсемсĕр пуçне вырăнти предприятисем туса кăларакан таварсемпе те суту-илӳ тумалла. Анчах Вăрмар райпотребсоюзĕ вырăнти промышленность предприятийĕсем туса кăларакан таварсемпе суту-илӳ тăвассипе пачах хакламасть, магазинсемпе ларексенче, буфетсемпе закусочнăйсенче районти предприятисемпе артельсенче кăларнă таварсем çук. Райпотребсоюз иртнĕ çул та, кăçалхи пĕрремĕш кварталта та ваккăн сутмалли тавар çаврăнăш планне тултараймарĕ.

Апат-çимĕç комбиначĕ туса кăларакан продукцие райпотребсоюзпа ялпосен магазинĕсем урлă сутма договор тунă. Райпотребсоюз правленийĕ (председателĕ И. Жуковский юлташ) çак договора пурнăçлама тăрăшмасть. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта райпотребсоюз 5 пин литр брага илсе сутмалла пулнă пулсан, 200 литр кăна илсе сутнă. Квасна пылак шывсене «хĕлле ĕçекен çук» тесе, пĕр литр та илмен. Райпотребсоюз иккĕмĕш кварталта илмелли продукци те комбинат складĕнчех выртать.

Райпотребсоюз руководителĕсем пирĕнпе тунă договора пурнăçлама тăрăшманни çинчен парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ те пĕлеççĕ. Анчах государство законĕсене пăхăнман çак руководительсем пирки вĕсем кирлĕ пек мера йышăнмаççĕ-ха.

**И. КУЗЬМИН,**
Вăрмарти апат-çимĕç комбиначĕн директорĕ.

# Суту-илӳ ĕçне вăйлатмалла

Чăвашторгăн Канаш уйрăмĕ тавар çаврăнăш планне тултарса пымасть, ĕççыннисен ыйтăвĕсене япăх тивĕçтерет. 1951 çулта вăл планпа палăртнинчен 4,7 миллион тенкĕлĕх тавар сахалтарах сутнă. Кăçал та япăх ĕçлет.

Канашра базăсем нумай, ытти хуласенчен те таварсем кӳрсе килме çăмăл. Апла пулин те Канашторг фонд тăрăх уйăрса паракан таварсене вăхăтра тата çителĕклĕ илсе тăмасть, вырăнти промышленность предприятийĕсемпе тата промартельсемпе ĕçлĕ çыхăну тытмасть. Унăн руководителĕсем Каленинпа Степанов юлташсем çаврăнăçусăр ĕçленине кăтартакан тĕслĕхсем нумай.

Канашторгăн промышленность таварĕсен складĕ пур. Кадрсем суйласа илесси çине тимсĕр пăхнипе çак склад 1951 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕнчеппе хупă тăрать. Унта пĕр миллион тенкĕлĕх ытла тавар выртать. Склад хупă тăни суту-илӳ ĕçне йĕркеллĕ туса пыма кансĕрлет. Кӳрсе килнĕ таварсене магазинсемпе ларексене вăхăтра çитермеççĕ тата хăш магазинта мĕнле таварсем нумаййине е çитменнине тĕпчемеççĕ. Çавăнпа хăшпĕр магазинсенче таварсем ытла нумай, теприсенче—сахал. Ленин урамĕнчи апат-çимĕç сутакан тăваттăмĕш магазинта апрелĕн 1-мĕшĕ тĕлне таварсем, нормăпа палăртнипе танлаштарсан, 40 процент çеç пулнă. Çав вăхăтрах Красноармейски урамри апат-çимĕç сутакан пиллĕкмĕш магазинта таварсем, планра палăртнипе танлаштарсан, виçĕ хут нумайрах пулнă. Çитменнине тата ку магазинăн нумай тавар усрама вырăн çитмест.

Магазинсенче йĕркелĕх тата тасалăх çук. Канашторг руководителĕсем халăха куллен кирлĕ таварсене татти-сыпписĕр сутма тăрăшмаççĕ. Магазинсемпе ларексенче час-часах тăвар, краççын, шăрпăк, супăнь пулмасть. Ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтересси çине чунсăр пăхнине çак тĕслĕхрен те уççăн курма пулать. 1951 çулта Канашторг, 1950 çулхипе танлаштарсан, тăвар 110 пин тенкĕлĕх, краççын—34 пин тенкĕлĕх сахалтарах сутнă. Апрель уйăхĕн малтанхи кунĕсенче магазинсенче арçын атă-пушмакĕ пулман. Çав вăхăтрах складра 750 пин тенкĕлĕх атă-пушмак уçман ещĕксенче выртнă. Тата тепĕр тĕслĕх. Магазинсенче повидло сутман. Тен, ку тавар Канашра пулман? Сăлтавĕ унта мар. Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче темиçе тонна повидло кӳрсе килнĕ. Çак тавар çуркуннеччченех юр айĕнче выртнă.

Таварсен запасĕ пĕрмай ӳсет. 1951 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, икĕ миллион тенкĕлĕх тавар ытларах пулнă, кăçалхи апрелĕн 1-мĕшĕ тĕлне нормăпа палăртнинчен 2,4 миллион тенкĕлĕх тавар ытларах пулнă.

— Таварсем каймаççĕ,—теççĕ Каленинпа Степанов юлташсем. Чăн, ĕççыннисем пули-пулми япăх таварсене илмеççĕ. Халăха хăш вăхăтра мĕнле йышши япаласем кирлине пĕлес пулать. Каленинпа Степанов юлташсем тишкерсе тăмаççĕ, мĕнле таварсем сĕнеççĕ—çавна илеççĕ. Пĕлтĕр Молдаван республикинчен вуншар пин тенкĕлĕх фотопластинкăсем кӳрсе килнĕ. Вĕсем складрах выртаççĕ. Каленин юлташ Пятигорск хулинче эрех нумай туяннă. Халĕ эрех каймасть тесе пăшăрханаççĕ.

Таварсене япăх пăхса усранипе те палăртас пулать. Промышленность таварĕсене складра йĕркеллĕ вырнаçтарса хуман, вĕсем тусан ăшне путнă, пусма таварсем лӳчĕркенсе пĕтнĕ. Пĕлекенсем каланă тăрăх, хĕлле чылай тумтирсем çине юр çуса тултарнă пулнă. Паха сĕтелсем тулта тăраççĕ. Юрпа çумăр çунипе тата çил вĕрнипе вĕсен сăрри кайнă, пĕр сĕтелĕ саланнă. Кушеткăсем, чылайччен шывра ларса, пăсăлнă. Апат-çимĕçсене те кирлĕ пек пăхса усрамаççĕ.

Суту-илӳ работникĕсем хушшинче дисциплина çук. Магазинсемпе ларексене вăхăтра уçмаççĕ. Хăшпĕр тӳрĕ мар продавецсем суту-илӳ йĕркине пăсаççĕ, уйрăм таварсене хăйсен тусĕсене е пĕлĕшĕсене вăрттăн сутаççĕ, теприсем—хака ӳстерсе сутаççĕ. Çавăн пек киревсĕр хăтланнă тĕслĕхсем уйрăмах промышленность таварĕсем сутакан иккĕмĕш магазинта (заведующийĕ Сухарев юлташ), апат-çимĕç сутакан пиллĕкмĕш магазинта чылай пулнă.

Хула Совет исполкомĕн суту-илӳ пайĕ (заведующийĕ Шляпникова юлташ) магазинсенче суту-илӳ йĕркисене пăсние пĕлмест теме çук. Унăн инспекторĕсем хăшпĕр чухне магазинсенче палăртнă çитменлĕхсем çинчен ятарласа тунă журнала çырса хăвараççĕ, çитменлĕхсене пĕтермелли сĕнӳсем параççĕ. Анчах кирек мĕнле паха сĕнӳ те, ăна пурнăçланине тĕрĕслемесен, хут çинчех юлма пултарать. Кунта инспекторсен сĕнĕвĕсене пурнăçламаççĕ.

Канашторг руководителĕсем кадрсем суйласа илес, вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе япăх ĕçлеççĕ. Кадрсем енĕпе ĕçлекен Алĕутова юлташ заявлени панă çынсене, вĕсен документĕсене тĕплĕ тĕпчесе пăхмасть. Час-часах тӳрĕ мар çынсене илеççĕ. Нумаях пулмасть 11-мĕш ларека Александрова кущаматлă çынна продавец пулса ĕçлеме илнĕ. Вăл ĕçе кĕнĕ-кĕменех суту-илӳ йĕркисене пăсма, ĕçме тытăннă. Тен, Канашторгра Александрова кам иккенне пĕлмен? Апла калама çук. Александрова ĕлĕкрех те Канашторгра ĕçленĕ пулнă. Анчах ăна тӳрĕ мар ĕçленĕшĕн суда панă.

Канашторг руководителĕсем, партипе профсоюз организацийĕсем кадрсене большевикла воспитани пама, вĕсен пĕлĕвне ӳстерме тăрăшмаççĕ, социализмлă ăмăртăва кирлĕ пек ертсе пымаççĕ. Пĕлтĕр 190 работникран 61 работника, урăхла каласан, виççĕмĕш пайне ĕçрен кăларнă. Кадрсем çавăн пек час-часах улшăнса тăрсан, паллах, вĕсен квалификацине ӳстерме май çук. Коллективра критикăпа самокритика çӳлти пусăмра тăмасть. Социализмлă ăмăртăва кирлĕ пек йĕркелемен. Канашторг магазинсемпе ларексене тавар çаврăнăш планне вăхăтра çитермест. Социализмлă обязательствăсем конкретлă мар, работниксем уйрăм обязательствăсем илмеççĕ. Ăмăрту итогĕсене кварталта пĕр хут çеç пăхса тухаççĕ, ăна та чĕрĕ фактсене шута илсе мар, цифрăсем тăрăх ячĕшĕн çеç туса ирттереççĕ. Малта пыракансен паха опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сармаççĕ.

Чăвашторг директорĕ Никандров юлташ Канашра пулмасть теме çук. Вăл Канашторгри çитменлĕхсене пĕлет, анчах çав çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть, Каленин юлташăн ответлăхне ӳстерме тăрăшмасть. Чăваш АССР Суту-илӳ министерствин ответлă работникĕсем те Канашторг япăх ĕçленине, государство пурлăхне упраманнине пĕлеççĕ, темшĕн вĕсем те пĕлмен пек пулса тăраççĕ.

Эпир Чăваш АССР Суту-илӳ министерствипе ВКП(б) Канаш хула комитечĕ Канашторг ĕçне çĕнетсе лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнасса шанатпăр.

**Е. НИКОЛАЕВ.**

# Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Калинино райпотребсоюзĕнчи çитменлĕхсем çинчен «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Прокопьев юлташăн çырăвĕ килнĕччĕ.

Калинино райсовет исполкомĕн председателĕ Г. Федоров юлташ çапла пĕлтерчĕ: çырура кăтартнă çитменлĕхсем Калинино райпотребсоюзĕнче чăнах та пулнă. Раймагра ĕçлекен Флотская юлташа тата Калинино ялповĕн магазинĕнче ĕçлекен Михайлов юлташа хытă асăрхаттарнă, районта суту-илӳ ĕçне лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

* * *

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Красноармейски районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра зоотехника курсĕ ĕçлеменни тата Чатукассинчи зооветучастокри йĕркесĕрлĕхсем çинчен çыру килнĕччĕ.

Ялхуçалăх пайĕ редакцине çапла пĕлтерчĕ: çырури фактсем пĕтĕмпех тĕрĕс. Зооветучасток заведующийĕ Матвеева колхозра зоотехника курсĕн ĕçне ертсе пыма хушнă пулнă; анчах вăл курс ĕçне йăлтах япăхтарса янă.

Вырăнта тĕрĕслесе тата ревизи туса, зооветучасток заведующийĕ Матвеев колхозсенчен законсăр тырпул, улăм, пахча çимĕç, укçа-тенкĕ нумай илсе тăнине палăртнă. Тĕрĕсленĕ материала прокурора панă.

* * *

Элĕк районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозра отчетпа суйлав пухăвне колхоз демократине пăсса ирттернĕ пулнă. Çакăн çинчен колхозниксем çырса янă çырăва «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ ВКП(б) Элĕк райкомне янăччĕ.

Парти райкомĕ пĕлтернĕ тăрăх, Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозра Устава пăхăнмасăр ирттернĕ пуху решенине пăрахăçа кăларнă, отчетпа суйлав пухăвне çĕнĕрен ирттермелле тунă.

* * *

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Советски районĕнчи «Самолет» колхозра ялхуçалăх артелĕн Уставне пăхăнса ĕçлеменни, администраци енĕпе нормăран иртерсе 1.446 ĕçкунĕ расходлани тата ытти çитменлĕхсем çинчен çыру килнĕччĕ.

Ĕççынни депутачĕсен Советски район Совечĕн исполкомĕн председателĕ И. Соловьев юлташ çырура асăннă фактсем пĕтĕмпех тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Корреспондент çырăвĕ тăрăх тĕрĕсленĕ итога колхоз правленийĕн ларăвĕнче сӳтсе явнă, çитменлĕхсене кĕске вăхăт хушшинче пĕтерме йышăннă.

# Тĕнчери общественность Америка агрессорĕсен тискерлĕхне хирĕç протестлет

*Чехословаки*

ПРАГА, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Корея Халăх çарĕн тата Китай добровольцĕсен çарĕн Кочжедо (Кăнтăр Корея) утравĕ çинчи тыткăнри çыннисене Америка агрессорĕсем хытă хĕсĕрлени тата тыткăнри çынсен юнне тăкни çинчен пĕлтерекен хыпара Чехословакири хаçатсем пичетлесе кăларнă тата радио тăрăх вулаcа панă. Çав хыпар пирки Чехословаки халăхĕ хытă тарăхса протестлет.

Чехословакири профсоюзсен центральнăй органĕ пулса тăракан «Праце» хаçат «Тыткăнри çар çыннисен Кочжедо утравĕ çинчи лагерĕнчи тамăк» ятлă статьяра Америка интервенчĕсен ирсĕр ĕçĕсене вĕсем, «суйласа илнĕ» пек кăтартса, тыткăнрисенчен 100 пин çын ытла хăйсем патĕнче тытса юлма хăтланнине тăрă шыв çине кăларать.

Америка агрессорĕсем Кочжедо утравĕ çинчи тыткăнри çынсене тискеррĕн хĕсĕрлени çинчен хаçат нумай фактсене пĕлтерет. Хаçат çав фактсене США президенчĕ Трумэн хăйĕн заявленийĕнче Америка интервенчĕсем Корейăра «этемлĕхе хисеплес» тĕллев тытни çинчен икĕпитленсе калани пе танлаштарса кăтартать.

Кочжедо утравĕ çинчи нумай пулмасть пулса иртнĕ событисем, Кочжедо утравĕ çинчи событисен пĕлтерĕшĕ уйрăмах питĕ пысăк пулни курăнса тăрать, тесе çырать хаçат.

Кочжедо утравĕ çинчи тыткăнри çар çыннисене вĕлерекенсем хăйсен преступлениллĕ планĕсене пурнăçлас шанчăка сухатнă, çавăнпа та вĕсем пĕтĕм тĕнче сивленĕ бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курма тытăннă. Бактериллĕ вăрçă та, лагерьти тыткăнри çар çыннисене вĕлерни те пĕтĕм халăха хытă тарăхтарчĕ. Тÿрĕ кăмăллă мĕнпур çынсем интервентсен тискерлĕхне пĕтерсе лартма çине тăрса ыйтаççĕ, тет хаçат.

*Польша*

ВАРШАВА, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Америка агрессорĕсем Кочжедо утравĕ çинчи тыткăнри çар çыннисен юнне тăкни, вĕсене хытă хĕсĕрлени Польша халăхне хытă тарăхтарать. Çав тискер ĕçсене хирĕç Польша халăхĕ хăюллăн протестлет. «Трибуна люду» хаçат Америка интервенчĕсем Кочжедо утравĕ çинчи тыткăнри çар çыннисене хăйсен преступленийĕсем хăйсен хаярлăхĕпе гитлеровецсен тискерле ĕçĕсенчен те усаллараx, тесе çырать.

Американецсем Панмыньчжонри калаçусене чарса лартма хăтланнине, Корейăра мир тума чăрмантарса пынине, çавăн пекех США «суйласа илес» салтавна Корейăри Китайăн çĕр пин ытла тыткăнри çар çыннисене тытса юлас, вĕсене ĕмĕрлĕхех Америка империалисчĕсен чурисем туса хурас шутпа тăратнă сĕнÿлĕ хăрушлăхра пулни çинчен çырать.

*Англи*

ЛОНДОН, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Американецсем Корейăра тыткăнри çар çыннисене каялла яма килĕшменни çинчен çырса, «Рейнольдс ньюс» хаçатăн редакторĕ пысăк статьяра çакна палăртать: «Çав тыткăнри çар çыннисен кун-çулĕ çинчен тăракан ыйту Корейăра калаçусем ирттернипе мир тăвас шанчăка пĕтĕмпех пĕтерсе лартма ан пултартăр тесен, кун пирки пирĕн питĕ тĕплĕ шухăшлас пулать. Ман шутăмпа, эпир киревсĕр законсем çине, этемлĕхе хисеплессине иккĕлентерекен йĕрке çине тата тĕрĕс мар фактсем çине таянса тăракан позици йышăнма тытăнатпăр пек туйăнать...»

Кочжедо утравĕ çинче нумай пулмасть пулса иртнĕ событисем американецсем унти пурнăç çинчен тата тыткăнри çар çыннисемпе «суйласа илме» усă куракан меслетсем çинчен пĕлтерекен хыпарсене ĕненме пăрахтарчĕç, тенĕ статьяра.

«Доддпа тата Колсонпа çавăн пек ĕçсем пулса иртнĕ хыççăн ĕнтĕ, американецсен тыткăнри çар çыннисем хăйсен тăван çĕршывĕсене таврăнасшăн мар пулни çинчен калани тĕрĕс пулнине ĕненме çук», тесе çырать «Рейнольдс ньюс» редакторĕ.

«Обсервер» хаçатăн ятарласа кайнă корреспонденчĕ нумай пулмасть Корейăран таврăннă. Вăл тыткăнри çар çыннисен, Америка хуралĕ аллинчи çынсен кун-çулĕ хăрушлăхра пулни çинчен çырать.

## Америка интервенчĕсем Кочжедо утравĕ çинчи тыткăнри çар çыннисене хытă хĕсĕрлеççĕ

НЬЮ-ЙОРК, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Тыткăнри çар çыннисен Кочжедо утравĕ çинчи лагерĕн çĕнĕ комендачĕ Боутнер генерал малашне тыткăнри çар çыннисем тĕлĕшпе «питĕ çирĕп» политика тытса пырасси, вĕсене малашне те хĕсĕрлесе юн тăкасси, асаплантарасси, «хăйсем килĕшнипе ирĕке кăлармалли йĕрке» текенскерне пурнăçласа пырасси тата вĕсене ирĕксĕрлесех «суйласа илес» ĕçе (Ли Сын Манпа Чан Кай-ши çарĕсене илес ĕçе) малашне те туса пырасси çинчен пĕлтернĕ.

Юнайтед пресс агентствин корреспонденчĕ Кочжедо утравĕ çинчен çапла пĕлтернĕ: Боутнер «лагерь тавра чи кирлĕ вырăнсенче пулеметсем лартнă çĕнĕ позицисем тума, вĕсене хăйăр тултарнă михĕсем купаласа хÿтĕлеме, çав позицисенче яланах икĕ-виçĕ салтак хурал тăмалли йĕрке тума приказ панă». Лагерь тавра яланах «50» калибрлă тăватшар пулеметсем лартнă грузовиксем, çапăçма хатĕр салтаксем ларакан 22 танк хурал тăраççĕ. Боутнер лагерĕн кĕтесĕсенчи хурал тăмалли башнисене 50 фута яхăн каярах куçарса лартма приказ панă, çакă вара пулеметчиксене «анлăрах вырăна пулеметсемпе пеме» май парать.

ЛОНДОН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Токиори корреспонденчĕ пĕлтернинчен çакă паллă пулнă: Америкăн агрессиллĕ çарĕсен командующийĕ Кларк генерал паян тыткăнри çар çыннисен Кочжедо утравĕ çинчи лагерьне, унта «йĕркелĕх тума», Америкăн тата тепĕр полкне яни çинчен пĕлтернĕ.

Десантнăй çарĕн 187-мĕш полкне паян утрав çине куçарса пĕтернĕ, тенĕ Кларк,— çавна «Пĕрлешнĕ нацисен влаçĕсем тыткăнри çар çыннисен пĕрремĕш лагерьне пĕтĕмпех контроллесе тăма пултарччăр тесе тунă».

## Таиландри забастовка тăвакан горняксен çĕнтерĕвĕ

БАНГКОК, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Таиландри Чумпон провинцийĕнчи Бонок районĕнчи горняксем 12 кун хушши забастовка тунă. Ку забастовка çĕнтерÿллĕн вĕçленнĕ.

Забастовка майăн 5-мĕшĕнче пуçланнă. Ун чухне 1.500 горняк ĕçлеме пăрахнă, администраци умне ĕç укçи 25 процент ÿстерме, чирленĕ вăхăтра рабочисене укçа тÿлеме, ĕçрен кăларса ярас мĕн пулсан рабочисене малашнехи пĕр уйăхшăн ĕç укçи тÿлеме тата апат-çимĕçпе таварсем хакланнă май укçа хушса пама ыйтса требованисем лартнă.

«Праджамитр» хаçат майăн 17-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, Бонок районĕнчи сăрту ĕçĕн предприятийĕсен администрацийĕ рабочисен требованийĕсене пурне те, вĕсене кăшт кăна улăштарса, тивĕçтерме килĕшнĕ.

## Демократиллĕ Вьетнам Республикин Министрĕсен Совечĕн ларăвĕнче

ШАНХАЙ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнам информаци агентстви Çурçĕр Вьетнамран çакăн çинчен пĕлтернĕ: май уйăхĕн пуçламăшĕнче Республика президенчĕ Хо Ши Мин председатель пулса ертсе пынипе Демократиллĕ Вьетнам Республикин Министрĕсен Совечĕн ларăвĕ пулнă. Ларура Вьетнам Халăх çарĕн главнокомандующийĕ Во Нгуен Зиап генерал фронтсенчи ĕçсем çинчен доклад тунă. 1951 çулхи юлашки тапхăрта тата кăçалхи малтанхи тăватă уйăх хушшинче пулса иртнĕ çапăçусенчен Халăх çарĕн чаçĕсем Хоа-Бинь хулине (Ханойран кăнтăр-хĕвеланăçнерехре) ирĕке кăларни чи пысăк событи пулса тăрать, тенĕ вăл. Виçĕ уйăх ытларах вăхăт хушшинче халăх çарĕсем тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене 22 пин çынна пĕтерсе тăкнă. Çак тапхăрти палăрса тăракан тĕп уйрăмлăх вăл Вьетнам Халăх çарĕн чаçĕсем тăшмана малти позицисенче кăна мар, унăн тылĕнче те вăйлă çапса аркатни пулать. Докладчик çакна палăртнă: Халăх çарĕн Вăтаçĕр Вьетнамра тата Кăнтăр Вьетнамра çапăçакан чаçĕсем те активлă çапăçма тытăннă, вĕсем хăйсен çапăçăвĕсене Çурçĕр Вьетнамри фронтсенчи çапăçусемпе сыхăнтарса туса пыраççĕ.

### КИТАЙРА ÇĔРЕ ШĂВАРМАЛЛИ КАНАЛСЕМ ТĂВАÇÇĔ

ПЕКИН, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Китайра пур çĕрте те хресченсем çĕре шăвармалли каналсем тунă çĕрте тимлесе ĕçлеççĕ.

«Синьцзяньжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Гуанси провинцийĕнчи Хуэйшуй уездĕнче халăх влаçĕсем çĕре шăвармалли каналсем тума 3 миллиард та 600 миллион юань укçа расходланă. Канал пынă вырăнта гидротехника сооруженийĕсем нумай тунă, çав шутра: пĕве, 2 шлюз, сурхи шывсене тата çумăр шывĕсене юхтарса ямалли вешниксем тата кĕперсем туса лартнă. Канал 25 пин му (пĕр му—гектарăн 16-мĕш пайĕ) çĕре шăварма май парать. Çак канал хресченсене кашни çулах халиччехинчен 3.187.500 цзинь (цзинь вăл—600 грамм) нумайрах рис туса илме пулăшать.

«Хэбейжибао» хаçат Хэбей провинцийĕнче çуркуннехи вăхăтра каналсем тунă çĕрте 840.000 хресчен ĕçлени çинчен пĕлтерет. 11 уездра 1.405 пĕве тăваççĕ. Çав пĕвесене туса пĕтерсен, шăваракан çĕр лаптăкĕ 2.000 тăваткал километр чухлĕ ÿсет.

Строительсем пĕр-перинпе ăмăртса ĕçлеççĕ, çакна пула ĕç тухăçлăхĕ ÿссе пырать.

### ЯПОНИРЕ И. В. СТАЛИН ЮЛТАШĂН СОЧИНЕНИЙĔСЕНЕ ПИЧЕТЛЕСЕ КĂЛАРАÇÇĔ

ТОКИО, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Оцуки Сетен» издательстви И. В. Сталин юлташăн Сочиненийĕсене 13 том туса пичетлесе кăларма тытăннă. Çак кунсенче И. В. Сталин юлташăн Сочиненийĕсен VI-мĕш томĕ пичетленсе тухнă, унта «Ленинизм никĕсĕсем çинчен» ятлă произведени пичетленнĕ. Ку кĕнекене сутма тытăннă ĕнтĕ.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ майăн 17-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ: çак кун хушшинче Америкăпа Англи интервенчĕсем тата Ли Сын Ман çарĕсем фронтăн чылай участокĕсенче Халăх çарĕн позицийĕсем çине тапăнса атакăсем тунă, анчах вĕсен атакисене сире-сире янă, вĕсен салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине чылай пĕтернĕ.

Майăн 17-мĕшĕнче Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата тăшман самолечĕсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем тăшманăн 7 самолетне персе ÿкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ. Çав самолетсем унччен, ытти самолетсемпе пĕрле, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин тылри хулисемпе ялĕсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахма хутшăннă пулнă.

ПХЕНЬЯН, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: çак кун хушшинче Корея Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле пур фронтсенче те тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем тăшманăн 6 самолетне персе ÿкернĕ. Çав самолетсем унччен, ытти самолетсемпе пĕрле, халăх пурăнакан мирлĕ районсем çине бомбăсем пăрахма хутшăннă пулнă.

### ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ МИР СОВЕЧĔН КОМИССИЙĔ ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЕ ПЫРСА ÇИТНĔ

ПХЕНЬЯН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Женевăра 1925 çулта бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курма чарас тĕлĕшпе йышăннă конвенцие Америка çарĕсем пăсни çинчен фактсемпе материалсем пухма Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ тĕнчери çĕршывсен комиссине уйăрнă. Çак комисси членĕсен ушкăнĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикине пырса çитнĕ.

Çав комиссие Китай халăхĕн мире сыхлас тата Америка агрессине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе ĕçлекен комитечĕ Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн бюровĕн Осло хулинчи сессийĕнче панă сĕнÿсене пурнăçласа уйăрнă.

Комисси членĕсем Америка çарĕсем Китайра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курни çинчен калакан материалсене пухса çитернĕ. Вĕсем çак кунсенче Америка çарĕсем Демократиллĕ Корея Халăх Республикин территорийĕнче бактериллĕ вăрçă вăрçни çинчен калакан фактсене палăртас тĕлĕшпе ĕçлеме тытăнаççĕ.

### АМЕРИКА ИНТЕРВЕНЧĔСЕМ КОРЕЙĂРА ПИТĔ ТИСКЕР ĔÇСЕМ ТĂВАÇÇĔ

ПХЕНЬЯН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Интервентсем Çурçĕр Корея территорине вăхăтлăха оккупацилесе тăнă тапхăрта тата хальхи вăхăтра питĕ тискер преступлениллĕ ĕçсем туни çинчен хаçатсем çĕнĕ фактсем пĕлтереççĕ.

«Новая Корея» журнал çакна палăртать: интервентсем тăвакан питĕ тискер ĕçсем хăйсен тискерлĕхĕ енĕпе гитлерла палачсем тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче тунă преступленисенчен те усалтарах. Америка çарĕсем хăйсен мĕнпур тискер ĕçĕсене малтанах организацилесе тата план тăрăх туса пыраççĕ. Интервентсем Корейăри мирлĕ халăх тĕлĕшпе тискер ĕçсем туни çинчен калакан çĕнĕ фактсем палăрнă. Çапла, Хичхонь вăхăтлăха оккупациленĕ тапхăрта интервентсем хăйсен куçĕсем умне малтан тĕл пулнă 50 çынна персе вĕлернĕ, вĕсен пуçĕсене касса татнă та хула урамĕсенче çакса тухнă. Паньчхоньре палачсем мирлĕ халăхран 70 çынна чĕрĕллех çунтарса янă. Синьчхонь уездĕнче çĕр айĕнчи пысăк шăтăка хĕрарăмсемпе ачасене 40 çын ытла чĕрĕллех пытарнă пулнă, çав шăтăкра вĕсен виллисене тупнă. Янчак ялĕнче Америка салтакĕсем темиçе çын çумĕнче Корейăри Ĕçлĕх партин членĕн билетне тупнă. Çав çынсене тискер çынвĕлеренсем шыва хăваласа кĕртнĕ те персе вĕлернĕ. Вĕлернисен тăванĕсем хăйсене çывăх çынсен виллисене пухма ирĕк пама ыйтсан, салтаксем вилесене çырана сĕтĕрсе кăларнă, унта вара мĕнпур çынсен умĕнче вĕсен хырăмĕсене касса çурнă тата пуçĕсене касса татнă. Америка интервенчĕсем Суньчхонь уездĕнчи Мертал вулăсне пырса кĕрсен, унти халăха ушкăнĕ-ушкăнĕпе тытса хупма пуçланă. Арестленисене пурне те американецсем çĕр айĕнчи шăтăка хупнă, çав çынсем пурте унта вырăнпа тата шывсăр аптăраса вилнĕ. Çĕр айĕнчи çав шăтăкра мирлĕ халăхран пĕтĕмпе 2.890 çын вилнĕ. Хванхэ провинцийĕнчи Хванчжу уездĕнчи Хымхэ вулăсĕнче Америка салтакĕсем халăх шкулĕнчи учительницăран мăшкăлланă, кайран ăна вĕлернĕ. Учительницăн виçĕ çулхи ачи амăшĕ вилли патне пырсан, Америка салтакĕсем ăна та тискеррĕн вĕлернĕ. Рени вулăсĕнче интервентсем 28 хĕрарăма çăла пăрахнă, çав çăла чулсем пăрахса тултарса лартнă. Хĕрарăмсем пурте вилнĕ.

# Нимĕç халăхĕ миршĕн кĕрешет

**Эссенра çамрăксен юнне тăкнине хирĕç протестлесе Берлинра ĕçсыннисен митингне ирттернĕ**

БЕРЛИН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Берлинра пысăк митинг пулнă. Митингра ĕççыннисем Аденауэр полицийĕ Эссенра мире юратакан çамрăксен юнне тăкнине хирĕç протестленĕ.

Митинга çĕршер пин çын пухăннă.

Митинга пухăннă çынсем умĕнче Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ Ганс Енерецкий, Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатин председателĕ Иоганнес Дикман, премьер-министр заместителĕ Отто Нушке, нимĕç халăхĕн паллă патриотки Лили Вехтер тата Нимĕçсен ирĕклĕ çамрăкĕсен союзĕн пĕрремĕш председателĕ Хонекер сăмах тухса каланă.

Митинга пухăнакансем Бонри парламента яма резолюци йышăннă, унта вĕсем полицин ирсĕр ĕçне хирĕç протестленĕ. Резолюцире çапла каланă:

«Нимĕç халăхĕн çĕршер пин патриочĕсем, Германи столицинче, Эссенри юнлă тискер ĕçе хирĕç протестлемелли митинга пухăнса, миршĕн тăракан çамрăка—Филипп Мюллера тискеррĕн вĕлернине хирĕç хытă тарăхса протестлеççĕ. Çавăн пек тискеррĕн вĕлернĕшĕн эпир Аденауэрпа Лера айăплатпăр. Эссенри пăшал сассисем вĕсем вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договорăн» малтанхи хут илтĕннĕ пăшал сассисем пулчĕç. Вĕсем нимĕçсен мĕнпур çамрăкĕсене хирĕç, пĕтĕм нимĕç халăхне хирĕç пăшалпа пенине пĕлтереççĕ. Вĕсем хăрушлăх тухса тăрассине систереççĕ. Çав вăхăтрах вĕсенчен Аденауэрпа Лер нимĕç нацине ăçта илсе пырасси—хĕçпăшал хатĕрлеме тăрăшакан чи пуян империалистсен чуралăх сăнчăрĕпе тăлласа хурасси патне, ушкăнĕ-ушкăнĕпе вилсе пĕтесси, тăвансем пĕр-пĕрне вĕлерсе пĕтермелли вăрçă, Америка вăрçи патне илсе пыма хăтланни уççăнах курăнса тăрать.

Миршĕн кĕрешсе вилнĕ çамрăк паттăрăн амăшĕпе арăмĕ пысăк хуйхă тÿснĕ пирки хурланнă чухне, эпир вĕсене чунтан-чĕререн кăмăлласа хисеплени, вĕсемпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтеретпĕр. Мюллера ирсĕррĕн вĕлернĕшĕн айăплă çынсене наказани памалла тăвасшăн çине тăрса кĕрешме сăмах паратпăр.

Эпир Берлинри мĕнпур çынсене пирĕнпе пĕрле, пĕтĕм нимĕç халăхĕпе пĕрле мирлĕ договоршăн, вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» хирĕç тата Бонри правительсем çар диктатури туса хума хăтланнине хирĕç кĕрешмешкĕн пĕрлешме чĕнетпĕр. Эпир хамăрăн тăван çĕршыва, мирлĕ строительство ĕçне, Демократиллĕ Германи Республикинчи тата Берлинăн демократиллĕ секторĕнчи демократиллĕ государство стройне мĕнпур провокаторсемпе сăтăрçăсенчен хÿтĕлессишĕн кĕрешме яланах хатĕр. Эпир, пурте пĕрлешсе, миршĕн кĕрешмелли ялава, нацин хăйне хĕсĕрленине хирĕç тăмалли ялавне, çамрăксем Эссенра паттăрла çĕкленĕ ялава, çĕнтерÿ тăвиччĕнех çÿлте тытса пырăпăр».

## Нимĕç халăхĕн Эссенра вĕлернĕ патриотне Филипп Мюллера пытарни

БЕРЛИН, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: ĕнер Мюнхен хулинче Хĕвеланăç Германи полицийĕ Эссенра вĕлернĕ Филипп Мюллера пытарнă. Ăна пытарнă çĕрте 5.000 çын пулнă. Вĕсем Хĕвеланăç Германин тĕрлĕ пайĕсенчен, Демократиллĕ Германи Республикинчен тата Францирен пухăннă.

Хурлăхлă митингра сăмах тухса каласа, Германири коммунистсен партийĕн председателĕ Макс Рейман çакна палăртнă: çамрăксем хăйсемпе ют çĕршывсен интересĕсемшĕн, Рейнпа Рур тавраш ĕнчи тупă королĕсен интересĕсемшĕн тата вĕсен Вашингтонри хуçисен интересĕсемшĕн усă курма парасшăн мар. Нимĕç çамрăкĕсен паттăрĕ Филипп Мюллер миршĕн кĕрешсе хăйĕн пуçне хучĕ. Паянтан пуçласа çамрăксем миршĕн, Германи пĕрлĕхĕшĕн тата малашнехи телейлĕ пурнăçшăн татах та хастарлăрах кĕрешсе пырĕç. Эссенри çынвĕлерекенсене тата вĕсен хыçĕнче тăракансене тивĕçлипе тĕрĕс наказани парĕç, вĕсем наказани илессинчен хăтăлаймĕç.

Хурлăхлă митинг хыççăн Мюнхенри миршĕн кĕрешекен çамрăксем, хура-хĕрлĕ ылтăн ялавсене тата Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ çамрăксен федерацийĕн ялавне çĕклесе, полици вĕлернĕ патриотăн ÿтне хунă тупăка Мюнхен хули патĕнчи Альтаубинг масарĕ çине илсе кайнă, унта пытарнă.

## Германири демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕн тăваттăмĕш конгресĕ

БЕРЛИН, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Берлинра Германири демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕн тăваттăмĕш конгресĕ уçăлнă.

Конгреса Германин тĕрлĕ пайĕсенчен 4 пин делегатă яхăн пухăннă. Конгреса ют çĕршывсенчен нумай хăнасем, çав шутра совет хĕрарăмĕсен делегацийĕ пынă.

Конгреса уçнă çĕрте Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик, премьер-министр Отто Гротеволь, Халăх палатин председателĕ Иоганнес Дикман тата премьер-министр заместителĕ Вальтер Ульбрихт пулнă. Вĕсене нумайччен тăвăллăн алă çупса кĕтсе илнĕ. Конгресс кун йĕркинчи тĕп ыйтусем çакăн пек: нимĕç хĕрарăмĕсем миршĕн тата Германи пĕрлĕхĕшĕн кĕрешесси çинчен, Демократиллĕ Германи Республикин пилĕк çуллăх планне пурнăçлас ĕçе хĕрарăмсем активлă хутшăнасси çинчен, ачасене вĕрентсе ÿстересси тата сыхласси çинчен.

Конгреса Германири демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕн председателĕ Элли Шмидт уçнă.

Унтан Демократиллĕ Германи Республикин правительствипе Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе премьер-министр заместителĕ Вальтер Ульбрихт саламлă сăмах тухса каланă.

Ульбрихт тухса каланă хыççăн нимĕç хĕрарăмĕсем миршĕн тата Германи пĕрлĕхĕшĕн кĕрешесси çинчен Демократиллĕ хĕрарăмсен Союзĕн председателĕ Элли Шмидт доклад тунă.

## Миршĕн тăракансен Пĕтĕм Англири конференцийĕ

ЛОНДОН, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Хулари Сан-Панкрас залĕнче (Лондон) майăн 18-мĕшĕнче миршĕн тăракансен Пĕтĕм Англири конференцийĕ уçăлнă. Конференци «Мирлĕ пурнăç тумалли тата пурнăçа лайăхлатмалли çул-йĕр» текен лозунгпа иртет. Конференцине 700 делегат пухăннă. Вĕсене мире сыхлас тĕлĕшпе вырăнсенче ĕçлекен комитетсем, профсоюзпа коопераци организацийĕсем тата рабочи класăн ытти организацийĕсем суйласа янă. Конференци пулса иртекен зала миршĕн Совет Союзĕнче, халăх демократи çĕршывĕсенче тата Китай Халăх Республикинче мĕнле кĕрешнипе паллаштаракан плакатсемпе, пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшÿ тума чĕнекен лозунгсемпе илемлетнĕ.

Конференцие мире сыхлас тĕлĕшпе Англире ĕçлекен комитетăн председателĕ Гордон Шаффер уçнă. Унтан мире сыхлас тĕлĕшпе Англире ĕçлекен комитетăн президенчĕ Д. Н. Притт сăмах илнĕ. Вăл Англи халăхĕ халĕ хăрушă тапхăра, çав вăхăтрах хăйĕн шанчăкĕсем ÿссе пынă тапхăр пулса тăракан вăхăта, пурăнса ирттерни çинчен каланă.

Конференцин тĕллевĕ çапла: «вăрçă пулассине мĕнле майпа пĕтересси çинчен сÿтсе явмалла тата мире сыхлас тĕлĕшпе Англире ĕçлекен комитета тĕреклетме, унăн ĕçне лайăхлатма, çапла вара правительствăна хăйĕн политикине улăштарттарма мĕнле ĕçсем тумаллине палăртмалла», тенĕ Притт.

Вăрçă хатĕрленни халăхăн пурнăçне, халăхшăн тăрăшассине, пурăнмалли çуртйĕрсем лартас ĕçе, халăха вĕрентес ĕçе тата ытти çавăн пек ĕçсене нумай narrow чарлатнине Притт палăртнă.

Малалла Притт хальхи вăхăтра вăрçăра питĕ тискер хĕçпăшалсемпе—вут тивертекен бомбăсемпе тата бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курни çинчен каланă, буржуаллă пичетпе радио вăрçăра çавăн пек тискер меслетсемпе çапăçнипе халăха килĕшме чĕннине сивленĕ. Пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшÿ туни «мĕнпур халăхсемпе мĕнпур правительствăсен интересĕсемпе килĕшÿллĕ пулĕччĕ», профсоюзсен нумайрах та нумайрах организацийĕсем Англи правительствинчен çавăн пек килĕшÿ тăвас пирки калаçусем пуçлама ыйтаççĕ, тенĕ вăл.

## Франци халăхĕ Америка оккупацине хирĕç кĕрешет

ПАРИЖ, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер каçхине Монтобан хулинче (Тарнпа Гаронна департаменчĕ) чугун çул станцийĕ патне халăх нумай пухăннă. Станцине Америка танкеткисем, снарядсем тултарнă ещĕксем тата ытти çар материалĕсем тиенĕ поезд çитсе чарăннă пулнă. Станцине пухăннă халăх Америка Францие оккупациленине хирĕç протестлесе митинг ирттернĕ. Унтан митингра пулнисем поезд патнелле «американецсем, пирĕн çĕршывран тухса кайăр!» тесе кăшкăрса пынă та çар материалĕсене платформăсем çинчен илсе ывăтнă.

Çак факт çинчен пĕлтерсе, «Юманите» хаçат çакна палăртать: Монтобан хулинче пурăнакансем хăюллă кĕрешнинчен Франци халăхĕ хăйĕн çĕршывĕн никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешессинче пĕрлĕхлĕ пулни тата унăн вăйĕсем ÿссе пыни курăнать.

Амьенри (Сомма департаменчĕ) строительствăра ĕçлекен рабочисем станци патне çар материалĕсем тиенĕ поезд çывхарнине асăрхаса ĕçлеме пăрахнă та митинг ирттернĕ, тесе çырать хаçат.

## „Ялав“ журналăн çĕнĕ номерĕ

Чăваш совет писателĕсен союзĕ кăларакан «Ялав» журналăн 4-мĕш номерĕ пичетленсе тухрĕ. Журнал «Хăватлă та тулăх çĕршыв» ятлă статьяпа пуçланать. Журналта Валентин Бурнаевскин «Тусĕсем» калавĕ, П. Щипцовăн «Малалла» повесть сыпăкĕ, Александра Лазаревăн «Саванăç», «Тантăшсем», «Самолет сасси» ятлă ача-пăча калавĕсем, Китай писателĕ Чжао Шу-ли çырнă «Пĕчĕк заведующи» ятлă калав пичетленнĕ.

Çĕнĕ номерте сăвăсем те нумай. Петĕр Хусанкайăн «Колонлă залра аса илни», «Сулейман Стальский», «Поль Робсон», «Константин Иванов», «Николай Тихонов», Уйăп Мишшин—«Чупатпăр!», Иван Малкайăн «Апрель» ятлă сăввисем пичетленнĕ. Сталинла премин лауреачĕ Владимир Замятин çырнă «Суркуппе» ятлă сăвва («Ешел хутлĕх» поэмăн юлашки пайĕ) куçарса пичетленĕ.

Драма коллективĕсем валли Гариф Галеев çырнă «Çыруран пуçланчĕ» ятлă пĕр пайлă пьесăна тутарларан куçарса пичетленĕ.

Çавăн пекех журналта Итали халăхĕн мухтавлă ывăлĕ Леонардо да Винчи çинчен пысăк статья тата ытти те пичетленнĕ.

## Ĕççыннисене—паха кĕнекесем

Республикăра кĕнеке пичетлесе кăларас ĕç çултан-çул ÿсет. Çавăнпа пĕрлех кĕнекесене илемлетсе кăларас ĕç те лайăхланса пырать. Çакна Чăвашсен государство издательстви юлашки çулсенче пичетлесе кăларнă кĕнекесем уççăн кăтартса параççĕ.

«Родина» кинотеатрта кĕнекесен выставки пулса иртрĕ. Унта Чăвашгиз юлашки çулсенче пичетлесе кăларнă кĕнекесене, художниксен ĕçĕсене кăтартнă. Выставкăна кĕске вăхăт хушшинче темиçе пин çын пырса курнă.

Майăн 17-мĕшĕнче картинăсен галлерейинче издательство работникĕсен, писательсемпе художниксен, типографи тата кĕнеке магазинĕсенче ĕçлекенсен пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта чăвашла кĕнекесене мĕнле илемлетсе тата пичетлесе кăларнине сÿтсе ярĕç. Çак ыйтупа Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ И. К. Сверчков художник доклад туса пачĕ.

Докладчик чăвашла кĕнекесене илемлетес тĕлĕшпе ĕçлекен Г. Харлампьев, П. Сизов, Ф. Осипов, Л. Осинский, М. Михаэлис художниксен ĕçĕсене тĕплĕн тишкерсе тухрĕ. Вĕсен ĕçĕнчи лайăх енсемпе пĕрлех, творчествăри çитменлĕхсене палăртрĕ, кĕнекесене илемлетсе кăларас тĕлĕшпе художниксем, издательство работникĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинче чарăнса тăчĕ.

Доклад тăрăх прениre Михаэлис, Томашевский, Сизов, Харлампьев, Солодовников, Степанов, Чулкаç, Васянка тата ытти чылай юлташсем тухса калаçрĕç, чăвашла кĕнекесене пичетлесе кăларас ĕçри ситменлĕхсемпе чăрмавсене палăртрĕç. Кĕнекесене лайăх илемлетсе кăларас тĕлĕшпе тумалли паха сĕнÿсем пачĕç.

### ЛАЙĂХ ĔÇЛЕКЕН ÇЫХĂНУ УЙРАМĔ

ПЕРВОМАЙСКИ. Турханти çыхăну уйрăмĕ ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе лайăх ĕçлет. Халĕ кунта республикăра тухса тăракан хаçатсем 600 ытла экземпляр килсе тăраççĕ.

Г. ХОРАМАЛОВ.

*Футбол*

### Юлташла тĕлпулусем

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти стадионсенче хулари футбол командисем юлташла тĕл пулса вылярĕç. «Молния» спорт обществи стадионĕнче стадион хуçисем «Спартак» спорт обществи футболисчĕсене 0:6 шутпа выляса ячĕç.

Чапаевски поселокри футбол команди «Динамо» спорт обществи футбол командипе выляса 2:1 шутпа çĕнтернĕ.

### Пĕлтерни

Паян, майăн 20-мĕшĕнче, каçхине 8 сехетре, ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн парткабинетĕнче лекцисем пулаççĕ:

1. Марксизм-ленинизм классикĕсен уйрăм произведенийĕсене харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене валли В. И. Ленинăн «Империализм—капитализмăн чи çÿлти сыпăкĕ» ятлă произведенийĕ çинчен лекци пулать. Халиччен мĕн вĕреннине аса илтерме ку лекцие П. Л. Лебедев юлташ вуласа парать.
2. Диалектикăллă тата историллĕ материализма харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене валли «Марксистла философиллĕ материализмăн тĕп палăрăмĕсем» темăпа лекци пулать. Халиччен мĕн вĕреннине аса илме пулăшакан çак лекцие Г. Г. Германов юлташ вулать.

ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧĔН ПАРТКАБИНЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01099 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.